Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Август 29 шаматкун № 169 (9078)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Тырă хатĕрлемелли плана срокчен тултарассишĕн

Республикăри хаçатсен ĕнерхи номерĕнче Шупашкăр районĕнчи колхозсем государствăна тырă памалли çулталăкри плана августăн 26-мĕшĕ тĕлне тултарни çинчен пĕлтерни пичетленсе тухрĕ. Çапла ĕнтĕ ку районти колхозниксемпе колхозницăсем государство умĕнчи пĕрремĕш тивĕçе чыслăн пурнăçларĕç. Шупашкар районĕ иртнĕ çулта вăрман хатĕрлевĕнче, кăçал çулла çул-йĕр строительствинче мала тухнă хыççăн, государствăна тырă парас ĕçре те республикăра мала тухрĕ.

Тырă хатĕрлемелли плана срокчен тултарассишĕн сарăлнă социализмла ăмăртура, Шупашкар районĕ хыççăн, Ишлей, Етĕрне, Шăхасан, Муркаш районĕсем малта пыраççĕ. Ку районсенчи чылай колхозсем ĕнтĕ государствăна тырă парса татнă, ытти колхозсем те ĕçе хăвăртлатса пыраççĕ. Çывăх кунсенчех нумай колхозсем тата чылай районсем тырă хатĕрлемелли плана срокчен тултарса çитерессине шанса тăма май пур.

Пирĕн республикăри ялхуçалăх ĕçченĕсем кăçалхи çул ăмăртса ĕçлеме илнĕ социализмла обязательствăра: государствăна тырă памалли плана—октябрĕн 1-мĕшĕнчен кая юлмасăр, ытти ялхуçалăх продукчĕсем памалли плана ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултармалла, тесе каланă. Малта пыракан районсен ырă тĕслĕхĕ çак обязательствăна та срокчен пурнăçлама май пуррине кăтартса парĕ. Асăннă обязательствăна Шупашкар районĕнчи колхозсем пĕр уйăх ытла малтан пурнăçларĕç.

СССР Верховнăй Совечĕн нумай пулмасть пулса иртнĕ пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисем, сессире СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ каланă сăмах пĕтĕм совет халăхне умра тăракан задачăсене пурнăçлассишĕн пысăк хăватпа ĕçлеме хавхалантарчĕç.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăх пурнăçне малалла лайăхлатассишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшаççĕ. СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Вăраха ямасăр пурнăçламалли задача çакăн пек: ик-виçĕ çул хушшинче халăха апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем — аш-какайпа аш-какай продукчĕсем, пулăпа пулă продукчĕсем, çу, сахăр, премĕк-канфет, пир-авăр, тумтир, атă-пушмак, савăт-сапа, сĕтел-пукан тата культурăпа йăла япалисемпе килте кирлĕ ытти япаласем парса тăрассине чылай ÿстермелле». Çак задачăна пурнăçа кĕртме çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне вăйлатнипе пĕрлех ялхуçалăхне вăйлатса ямалла. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ялхуçалăхне çавăн пек вăйлатма кирлĕ ĕçсене туса пыраççĕ.

Ялхуçалăх продукчĕсен хатĕрлев хакĕсене ÿстерни, ялхуçалăх налогĕ тăрăх пысăк çăмăллăх пани, умра тăракан пысăк задачăсем колхозниксене колхозсен обществăлла хуçалăхĕнче ытларах ĕçлеме хавхалантараççĕ. Кашни колхозрах пысăк ĕçсем тумалла. Акса ÿстернĕ тырпула, техникăлла культурăсене, пахча çимĕçсемпе çĕрулмине пĕтĕмпех вăхăтра пухса кĕртмелле, выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрлемелле, кĕрхи çĕртме тумалли плана тултармалла, государствăна тырăпа ытти ялхуçалăх продукчĕсем парса татмалла, вăрлăх фончĕ, ялхуçалăх артелĕн Уставĕнче кăтартнă ытти фондсене çителĕклĕ хывмалла, колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх тырăпа ытти ялхуçалăх продукчĕсем, укçа-тенкĕ валеçсе памалла. Çак ĕçсене вăхăтра пурнăçлассишĕн малта пыракан колхозсенче çеç мар, пур колхозсенче те хĕрÿллĕн ĕçлес пулать.

Ялхуçалăхĕнчи малаллах асăннă пĕтĕм ĕçсен шутĕнче государствăна тырă парса татасси уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать. Ку вăл—кашни колхозăн пĕрремĕш тивĕçĕ. Пĕрремĕш тивĕçе срокчен пурнăçлама кашни колхозра ĕçсене тĕрĕс организацилес пулать. Халех ĕнтĕ государствăна тырă парса татнă колхозсем ялхуçалăхĕнчи мĕнпур ĕçсене хăвăрт туса пынипе, ĕçе хăвăртлатма машинăсемпе туллин усă курнипе, колхозниксемпе колхозницăсем умра тăракан задачăсене ăнланса пысăк хастарлăхпа ĕçленипе палăрса тăраççĕ. Кун пек колхозсенче пур ĕçре те коммунистсемпе комсомолецсем малта пыраççĕ, агитацилле-массăлла ĕçе лайăх йĕркелесе, пĕтĕм массăна тухăçлă ĕçлеме хавхалантараççĕ.

Пирĕн социализмла ялхуçалăхĕ тунă çитĕнÿсем пысăк. Ялхуçалăх ĕçченĕсен ĕçри хастарлăхĕ куллен-кун ÿссе пырать. Анчах çав вăхăтрах пирĕн республикăра ялхуçалăх ĕçĕсенче кая юлса пыракан районсем те пур-ха. Государствăна тырă памалли плана августăн 25-мĕшĕ тĕлне Вăрнарпа Элĕк районĕсем 50-шар процент, Первомайски районĕ 48 процент çеç тултарнă. Государствăна тырă памалли плана 50 процентран пуçласа 60 процент таран тултарнисен шутне нумай районсем кĕреççĕ. Ку вăл, паллах ĕнтĕ, асăннă районсенче ялхуçалăх ĕçĕсем çителĕксĕр хăвăртлăхпа пулса пыни çинчен калать.

Республикăн Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин, районсенчи партипе совет органĕсен ялхуçалăх ĕçĕсене, государствăна тырă парассине хăвăртлатма кирлĕ ĕçсене тумалла. Колхозниксемпе механизаторсен социализмла ăмăртăвне çĕнĕ хăватпа сарса ямалла. Малта пыракан комбайнерсем — Широновпа Горбунов (Етĕрне), Куклев (Сурмайдан), Анисимовпа Столяров (Пăрачкав), Архипов (Канаш) тата ыттисем те, çавăн пекех малта пыракан молотилка машинисчĕсем колхозсене ялхуçалăх ĕçĕсене хăвăртлатма пысăк пулăшу параççĕ. Вĕсен опытне мĕнпур механизаторсем хушшине сарас пулать.

Ялхуçалăх ĕçĕсене пур колхозсенче те малта пыракан колхозсенчи пек лайăх организацилени кирлĕ, терĕмĕр. Анчах ку тĕлĕшпе çитменлĕхсем нумай-ха. Тырă парас ĕçре малта пыракан Етĕрне районĕнчи колхозсене илсен, вĕсенчен тăваттăшĕ (Ленин ячĕпе, Буденный ячĕпе, Маленков ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозсем) государствăна тырă памалли плана чи малтан тултарчĕç, республикăри Хисеп хăми çине кĕме тивĕçлĕ пулчĕç. Ку колхозсенче ялхуçалăхĕнчи мĕнпур ĕçсене хăвăрт, йĕркеллĕ туса пыраççĕ. Унти пуçламăш парторганизацисем артельсен обществăлла хуçалăхне ÿстерсе пырассишĕн, колхозниксемпе колхозницăсен ăнланулăхне ÿстернĕ никĕс çинче государство умĕнчи обязательствăсене срокчен пурнăçлассишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Çав вăхăтрах районти хăшпĕр колхозсенче тырăшăн, ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра тăвассишĕн кĕрешес ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен. Корреспондентсем çырса пĕлтернĕ тăрăх, ку районти Тимирязев ячĕпе тăракан колхозра çапнă тырра вăхăтра виççе пăхмаççĕ, комбайнпа вырса çапнă тырра виççе пăхмасăр тăкаççĕ, тырра уя тăкса хăварнисем те пулнă.

Пухса кĕртнĕ чухне тырра çавăн пек тирпейсĕр тыткаласан, тĕрĕс шута илмесен, тăкаланнисĕр пуçне, тÿрĕ мар çынсем вăрласа пĕтерни те пулма пултарать. Хаклă пуянлăха — тырпула уйра та, итем çинче те, складра та ялан тĕрĕс шута илес пулать. Учет ĕçне тĕплĕ йĕркелессишĕн колхоз председателĕсем, бригадирсем, вĕсемпе пĕрлех бухгалтери работникĕсем те ответлă.

Ялхуçалăхĕнчи пур ĕçсене те лайăх туса ирттерессишĕн, государствăна тырă памалли плана срокчен — çывăх кунсенчех тултарассишĕн кĕрешĕве вăйлатса пырар. Ялхуçалăх ĕçченĕсем хушшинче социализмла ăмăрту тата хăватлăрах та анлăрах сарăлтăр. Колхозсемпе МТС-сем умĕнче тăракан тĕп задачăна — мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерес, выльăх-чĕрлĕх хисепне ÿстернипе пĕрлех унăн тухăçлăхне хăпартас, çĕр ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн пĕтĕм тата таварлă продукцине нумайлатас задачăна ăнăçлă пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешер!

## Халăха кирлĕ таварсем

ДОН çинчи РОСТОВ. Хулари предприятисенче халăха кирлĕ таварсем ытларах туса кăларассишĕн тата вĕсен пахалăхне лайăхлатассишĕн социализмла ăмăрту вăйланса пырать. Микоян ячĕпе тăракан атă-пушмак фабрикин коллективĕ сăран атă-пушмак кăна кăларма тытăнать. Çĕнĕ йышши продукцисенчен тавар кăлармă пуçлаççĕ. Хĕрарăмсем валли кĕске кунчаллă, илемлĕ те лайăх атăсем, хромран тунă туфлисем туса кăлараççĕ.

12-мĕш номерлĕ çĕвĕ фабрики çĕнĕ оборудовани туяннă. Тумтирсем çĕлесе кăларасси, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 33 процент ÿснĕ. Кунта çулталăк тăршшĕпех хĕллехи, кĕркуннехи, çуллахи пальтосем çĕлесе кăлараççĕ.

ЕРЕВАН. Арменири вăрман промышленноçĕпе выранти промышленность предприятийĕсем, çавăн пекех промысла кооперацийĕн артелĕсем бук, карагач тата ытти лайăх йывăçсенчен паха йышши шифоньерсем, дивансем, кроватьсем, сĕтелсем тата нумай изделисем туса кăлараççĕ. Ереванра, Ленинаканра, Дилижанра тата ытти хуласенче те халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан предприятисене аслăлатаççĕ, çĕнĕ цехсем туса лартаççĕ. Сĕтел-пукансене сăрлас ĕçе механизацилеççĕ. Алаверди районĕнче пĕчĕк форматлă фанера тăвакан фабрика лартаççĕ. Ноемберянски районта авса тăвакан сĕтел-пукансем валли кирлĕ детальсем хатĕрлекен фабрика тума тытăннă. Ереванра çак çулăн вĕçĕнче тата тепĕр сĕтел-пукан фабрики ĕçлеме тытăнать.

## РСФСР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔСЕМ

### РСФСР Верховнăй Совечĕн 1953 çулхи августăн 27-мĕшĕнче пулнă ларăвĕ çинчен ИНФОРМАЦИЛЛĔ ПĔЛТЕРӲ

Августăн 27-мĕшĕнче, ирхине 11 сехетре, Кремльте, Кремльти Пысăк Двоорецра, РСФСР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш ларăвĕ пулнă.

Лару председателĕ — РСФСР Верховнăй Совечĕн Председателĕ **Л. Н. Соловьев** депутат.

Ларура РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата РСФСР-ăн 1951 тата 1952 çулсенчи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен тунă доклад тăрăх пренисем малалла пынă.

Пренире çаксем тухса каланă: **Г. П. Добрынин** депутат (Ростов облаçĕнчи Чертково округĕ), **Г. А. Хубаев** депутат (Калуга облаçĕнчи Калуга округĕ), **А. М. Герасимов** депутата (Тамбов облаçĕнчи Уварово округĕ), РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ **А. М. Пузанов** юлташ.

Пренисем вĕçленнĕ хыççăн РСФСР Верховнăй Совечĕ докладчикăн — РСФСР Финанс министрĕн **И. И. Фадеев** депутатăн юлашки сăмахне итленĕ.

**С. П. Афанасьев** депутат сĕннипе РСФСР Верховнăй Совечĕ бюджета çирĕплетме çакăн пек йĕрке йышăнать: РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджетне тупăшсемпе расходсен пĕтĕмĕшле итогĕсем тăрăх сасăласа, РСФСР-ăн 1951 тата 1952 çулсенчи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета тупăшсемпе расходсен пайĕсем мĕнле пурнăçланнин пĕтĕмĕшле итогĕсем тăрăх сасăласа çирĕплетмелле, РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен калакан закона статьясем тăрăх сасăласа çирĕплетмелле.

РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджетне тата РСФСР-ăн 1951 тата 1952 çулсенчи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета РСФСР Верховнăй Совечĕ пурте пĕр саслă пулса çирĕплетнĕ. «Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен калакан закона» статьясем тăрăх, унтан пĕтĕмĕшне пурте пĕр саслă пулса çирĕплетнĕ.

Унтан РСФСР Верховнăй Совечĕ кун йĕркинчи тепĕр ыйтăва — РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕсене çирĕплетес ыйтăва пăхса тухма тытăннă.

Ку ыйтупа РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ **И. Н. Зимин** депутат доклад тунă.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн РСФСР министерствисене тата автономиллĕ советлă социализмлă республикăсен министерствисемпе Министрсен Совечĕсем çумĕнчи управленисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен кăларнă Указсене çирĕплетесси çинчен РСФСР Верховнăй Совечĕ пурте пĕр саслă пулса постановлени йышăннă.

РСФСР Верховнăй Совечĕ **Б. Н. Черноусов** юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн председателĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен тата **А. М. Пузанов** юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн председателĕ пулма çирĕплетесси çинчен постановлени йышăннă.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ «**М. М. Бессонов** юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен», «**Т. М. Зуева** юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен», «**А. М. Прокофьев** юлташа РСФСР Министрĕн Совечĕн председатель заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен», **Д. П. Проферансов** юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен», «**В. А. Маслов** юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕ пулма уйăрса лартасси çинчен», «**Д. И. Алехин** юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕ пулма уйăрса лартасси çинчен», «**В. И. Иванов** юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕ пулма уйăрса лартасси çинчен», «**П. П. Лобанов** юлташа РСФСР Министрĕсен Совечĕн председателĕн пĕрремĕш заместителĕ тата РСФСР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕ пулма уйăрса лартасси çинчен» йышăннă Указсене РСФСР Верховнăй Совечĕ çирĕплетнĕ.

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ министрсене уйăрса лартасси çинчен кăларнă çак Указсене РСФСР Верховнăй Совечĕ пурте пĕр саслă пулса çирĕплетнĕ:

РСФСР Суту-илÿ министрĕ пулма Иван Алексеевич **Лукашева**,

РСФСР Культура министрĕ пулма Татьяна Михайловна **Зуевăна**,

РСФСР строительство материалĕсен промышленноçĕн министрĕ пулма Анатолий Сергеевич **Болдырева**,

РСФСР Вăрманпа хут промышленноçĕн министрĕ пулма Сергей Петрович **Никифорова**,

РСФСР Сывлăх министрĕ пулма Владимир Степанович **Степанова**,

РСФСР Юстици министрĕ пулма Анатолий Тимофеевич **Рубичева**,

РСФСР Çул-йĕр тата транспорт хуçалăхĕн министрĕ пулма Борис Константинович **Чубарова**,

РСФСР-ăн Пурăнмалли çуртна гражданла строительствăн министрĕ пулма Дмитрий Петрович **Проферансова**,

РСФСР Вырăнти тата топливо промышленноçĕн министрĕ пулма Николай Ермолаевич **Чеснокова**,

РСФСР Социальнăй обеспечени министрĕ пулма Нонна Александровна **Муравьевăна**,

РСФСР Верховнăй Совечĕ Алексей Гаврилович **Силачева** РСФСР Верховнăй Сучĕн членĕ пулма суйланă.

Унтан РСФСР Верховнăй Совечĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ парти ятне улăштарма йышăннă май тата СССР Конституцийĕн 126-мĕш статьипе килĕшÿллĕн РСФСР Конституцийĕн 130-мĕш статьине улшăнусем кĕртесси çинчен Закон йышăннă.

Çакăнпа РСФСР Верховнăй Совечĕн ларăвĕ вĕçленнĕ, сесси хупăннă.

## Августăн 26-мĕшĕнчи каçхи лару

Августăн 26-мĕшĕнче, каçхине 6 сехетре РСФСР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш ларăвĕ уçăлнă. Государство бюджечĕ çинчен тунă доклада малалла сÿтсе явнă. Лару председателĕ малтан **Н. Д. Казьмин** депутата (Ленинград облаçĕ) сăмах панă.

Оратор Россия Федерацийĕн çĕнĕ бюджечĕ пирĕн çĕршывра халăх пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе пултаруллă мирлĕ ĕç анлă сарăлнине ĕненмелле кăтартса панине палăртнă.

Казьмин депутат халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине ÿстермелли тата таварсен пахалăхне лайăхлатмалли çинчен чылай каланă. Вăл Ленинградри вырăнти тата кооперации промышленноçĕсен работникĕсем планран ирттерсе 300 миллион тенкĕлĕх тавар туса кăларма май паракан çĕнĕ резервсем тупни çинчен пĕлтернĕ. Çав майсене ĕçе кĕртме министерствăсемпе центральнăй ведомствăсен хăвăртрах пулăшса пымалла, тенĕ вăл.

Малалла Казьмин депутат Ленинградра шкулсем лартас ĕç кая юлса пыни çинчен, республикăри органсен ленинградецсене хула тавра çĕрулмипе пахча çимĕç никĕсне тума ытларах пулăшма кирли çинчен каланă.

Ненец наци округĕнчи ĕçсынниисем Совет влаçĕ вăхăтĕнче пысăк çитĕнÿсем туни çинчен **П. М. Хатанзейский** депутат каласа панă. Кунта культурăпа çутĕç учрежденийĕсен, шкулсен, больницăсен шучĕ çултан çул ÿсет. Округра пăлан ĕрчетекен, пулă тытакан тата пулăран апат-çимĕç хатĕрлекен предприятисем нумай тунă. Округ пулнăранпа унăн бюджечĕ 80 хут ÿснĕ.

Хатанзейский юлташ ненец халăхĕ умĕнче округ территорийĕнче пăлан ĕрчетес ĕçе, пулă промышленноçне, транспорта малалла аталантарас тĕлĕшпе тăракан халех пурнăçламалли задачăсем çинче чарăнса тăнă, чылай министерствăсем çав ĕçре округа çителĕклĕ пулăшманни çинчен каланă.

Совет çыннисем,—тенĕ Хатанзейский депутат,—парти XIX-мĕш съезчĕ лартнă задачăсем, 1953 çулхи бюджетра палăрса тăраканскерсем, ăнăçлă пурнăçланассине ĕненсе тăраççĕ, мĕншĕн тесен пирĕн пĕтĕм ĕçе Коммунистсен мухтавлă партийĕ ертсе пырать.

РСФСР Коммунальнăй хуçалăх министрĕ **П. В. Сурин** депутат кăçал пурăнмалли çуртсем лартма тата коммунальнăй строительство валли паракан укçатенкĕ хисепĕ 40 процент ытла ÿсесси çинчен пĕлтернĕ. Кăçал халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен предприятисене чылай аслăлатма палăртнă. Хальхи вăхăтра çĕр ытла хулара водопроводсем тăваççĕ тата халиччен пулнисене çĕнетеççĕ. 50 ытла хулара канализаци тăваççĕ тата киввисене çĕнетеççĕ. 50 хулара трамвай çулĕсене вăрăмлатаççĕ.

Россия Федерацийĕнчи пурăнмалла çурт-йĕрсемпе коммунальнăй хуçалăх работникĕсем халăх ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçри çитменлĕхсене, çак сессире депутатсем палăртнисене хăвăртрах пĕтерме пĕтĕм вăя хурса тăрăшĕç, тенĕ Сурин юлташ.

Мускаври ĕçсыннисем тунă çитĕнÿсем çинчен **З. В. Миронова** депутат каласа панă. Столицăри промышленность 1952 çулхи плана тата кăçалхи çичĕ уйăхри плана срокчен тултарнă. Вырăнти тата кооперации промышленноçĕсен предприятийĕсем халăха куллен кирлĕ таварсем нумайрах туса кăларма тытăннă, хула хуçалăхĕ чылай ÿснĕ, пурăнмалли пур çуртсене те газ кĕртес ĕç вĕçленсе пырать.

Халăха вĕрентес ĕçшĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ чылай ыйтусене хăвăртрах татса пама кирлине палăртнă оратор. Çутĕç министерстви шкулсен программисене пăхса тухса çĕнетес ĕçе тата шкулсенче политехникăлла вĕренĕве организацилесси çинчен калакан методикăллă кăтартусене хатĕрлес ĕçе вăраха тăсать. Нумай министерствăсем тата Мускаври пысăк предприятисем çамрăк рабочисен шкулĕсен ĕçне йĕркелессишĕн кирлĕ пек тăрăшмаççĕ.

РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджетне çирĕплетесси çинчен панă сĕнĕве ырласа, Миронова юлташ Россия Федерацийĕнчи ĕçсыннисем çав бюджета ырласа кĕтсе илессине шанса тăни çинчен пĕлтернĕ.

— Совет çĕршывĕнчи ялсенчи ĕçченсем,—тенĕ **Н. Г. Калин** депутат, (Вологда облаçĕ)—Правительствăпа партин Центральнăй Комитечĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, çĕрулмипе пахча çимĕç тăвас тĕлĕшпе йышăннă мерăсене халех пурнăçлама палăртнă ĕçсене ырлаççĕ. Вологда облаçĕнче çав культурăсене тăвас ĕçе анлă сарма пысăк майсем пур. Калин юлташ «Красный борок» колхоза ертсе пырать. Çав колхозри бригадăсенче нумайăшĕ çулсеренех çĕрулми кашни гектартан 250—300 центнер пухса кĕртеççĕ. Ялхуçалăхĕн кая юлнă отраслĕсене аталантарас тĕлĕшпе колхозсен экономикăлла интересĕсене ÿстерес тĕлĕшпе йышăннă мерăсем ялхуçалăхне малалла çĕклентерсе пырас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

РСФСР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви Вологда облаçĕнчи пахча çимĕç тăвакан колхозсене сахал пулăшнине палăртнă оратор МТС-сене çĕрулмипе пахча çимĕç лартмалли тата пухса кĕртмелли машинăсем сахал параççĕ. Промышленность министерствисен парниксемпе теплицăсен шутне нумайлатма пулăшмалла, тенĕ Калин юлташ.

РСФСР Çутĕç министрне **И. А. Каиров** депутата сăмах параççĕ. Вăл республика Государство бюджетĕнчи укçа-тенкĕрен 30 процентне яхăн халăха вĕрентме расходланине палăртнă. Кăçал республикăри хуласемпе ялсенче çĕнĕрен 1.119 вăтам шкул уçаççĕ.

Саккăрмĕш классене 1.267 пин çын илмелле. Çакă вăл республикăсен столицисенче, облаçсемпе крайсен центрĕсенче, промышленность центрĕсенче ачасене пурне те çичĕ çул вĕрентмелли йĕркерен пурне те вăтам шкулсенче вĕрентмелли йĕркене куçас енĕпе пысăк утăм туни пулать. 120 хулара, тулли мар вăтам шкулсенчен вĕренсе тухнисенчен 97 проценчĕ малалла вĕренме тытăнаççĕ.

Оратор халăха вĕрентес ĕçри, сăмахран, шкулсем лартас ĕçри çитменлĕхсене палăртнă. Вырăнти хăшпĕр Советсем шкул çуртĕсене хатĕрлеме тата ачасем валли интернатсем тума кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Чылай шкулсенче вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайман ачасем йышлă.

Çутĕç министерстви çак сессире критиклесе асăрхаттарнисене пурне те шута илĕ, тесе шантарса каланă юлашкинчен Каиров юлташ.

— Коммунистсен партийĕн наци политикине тĕрĕс пурнăçласа пыни ССР Союзĕнчи мĕнпур халăхсен экономикипе культурине чечеклентерме май пачĕ, — тенĕ **М. М. Романова** депутат (Чăваш АССР-ĕ).—Республикăра промышленность продукцийĕ туса кăларасси 1940 çулхипе танлаштарсан икĕ хут ытла ÿснĕ. Чăваш республикин социализмла ялхуçалăхĕ ÿссе пырать. Культура строительствинче те чылай пысăк çитĕнÿсем тунă. Депутат республикăн хăшпĕр министерствисене строительство материалĕсен предприятийĕсем, коммунальнăй хуçалăх, апат çимĕç промышленность предприятийĕсем тăвас ĕçре кирлĕ пек пулăшманшăн критиклет.

РСФСР Промысла кооперации совечĕн правлени председателĕ **С. Н. Ломакин** депутат кăçал промысла артелĕсем халăха куллен кирлĕ таварсем 30 миллион тенкĕлĕх туса кăларасси çинчен пĕлтернĕ.

РСФСР Промысла кооперацийĕн совечĕ производство хăвачĕсене чылай ÿстерме тата продукци туса кăларассине чылай сарма план хатĕрленĕ. Япаласен ассортименчĕ мĕнле пулмаллине çĕнĕрен пăхса тухнă. Халăх илмен таварсене, кивĕ йышши таварсене тума пăрахаççĕ. Çав вăхăтрах çĕнĕ йышши, лайăх япаласем нумайрах туса кăларма тытăнаççĕ. Кăçал технологи процесĕсене çĕнĕлле йĕркелеççĕ, çакă вара продукци пахалăхне чылай лайăхлатма май парать.

Ломакин юлташ промысла кооперации артелĕсене кирлĕ чĕртавара памасăр тăракан хăшпĕр министерствăсене критикленĕ, вĕсенчен артельсене чĕртавар вăхăтра тата çителĕклĕ парса тăма ыйтнă.

Каçхи ларура юлашкинчен **В. Я. Чуватов** депутат (Мордва АССР-ĕ) тухса каланă. Ун умĕн каланă ораторсем пекех, вăл РСФСР Государство бюджечĕн проектне ырланă, бюджет пĕтĕмпех халăх хуçалăхне аталантарас тата халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатас интересене пăхăнса тăни çинчен каланă. Мордва АССР-ĕн пурнăçĕнчи тĕслĕхсем илсе, оратор Совет государстви тунă çитĕнÿсене палăртнă. Чуватов депутат союзлă министерствăсемпе республика министерствисем умĕнче Мордва республикинчи производительнăй вăйсене ÿстерес енĕпе тăракан чылай ыйтусене хускатнă, çав ыйтусене татса парас ĕçре пулăшма ыйтнă.

Çакăнпа РСФСР Верховнăй Совечĕн каçхи ларăвĕ хупăннă. (ТАСС).

## Байкал леш енчи курортсенче

УЛАН-УДЭ, августăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Бурят-Монголинчи ĕçсыннисем Аршан, Горячинск, Киран курорчĕсенче, Байкал хĕрринчи илемлĕ вырăнсенчи вырнаçнă санаторисемпе канмалли çуртсенче канаççĕ. Кăçал Байкал леш енчи курортсене чылай аслăлатнă, вĕсенчен нумайăшĕ çулталăк тăршшĕпех ĕçлеççĕ.

Паян республикăри чи пысăк курортра—Аршанри бальнеологически курортра çĕнĕ корпуссем туса пĕтернĕ. Курорт малашне çулталăк хушшинче иртнĕ çулхисенчен пин çын ытларах йышăнма пултарать.

Хальхи вăхăтра Бурят-Монголири санаторисемпе кану çурчĕсенче 6 пин çын ытла канать.

## Сакăр уйăх планне тултарнă

МАГНИТОГОРСК, августăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Магнитнăй ту çинчи горняксем тимĕр тăпри кăлармалли сакăр уйăх планне срокчен тултарнă.

Ĕçе организацилессине лайăхлатса, кăçал горняксем тимĕр тăпри кăларассине, иртнĕ çулхи çак вăхăтрипе танлаштарсан, 12 процент, агломерат кăларассине 19 процент ÿстернĕ. Продукцин хăйне лараканхакне йÿнетнипе металлурги комбиначĕн сăрт-ту управленийĕн цехĕсем çулталăк пуçланнăранпа планран ирттерсе 1,5 миллион тенкĕ укçа перекетленĕ.

## Л. Н. Толстой çуралнăранпа 125 çул тултарнă тĕле

Л. Н. Толстойăн Мускаври государство музейĕ вырăсен аслă писателĕ çуралнăранпа 125 çул тултарнине палăртма хатĕрленет.

Хальхи вăхăтра музей çуртне юсаса пĕтереççĕ. Материалсене çĕнĕлле йĕркелесе тухаççĕ. «Толстой тата вырăс литератури», «Толстой тата вырăс искусстви», «Совет писателĕсем Толстой çинчен» калакан темăсене аслăлатаççĕ. Çĕнĕ материалсем нумай тăратнă.

Юбилей кунĕсенче государство музейĕн ученăй совечĕн ларăвĕ пулать. Ларура: «Толстой—художник», «Толстой—буржуалла культурăна питлекенĕ» тема тăрăх докладсем пулаççĕ.

Музей искусство работникĕсен центральнăй çурчĕпе пĕрле литературăпа художество вечерĕ организацилет. Унта искусство мастерĕсем Толстой сочиненийĕсене вуласа тата вăл юратнă музыка произведенийĕсене юрласа параççĕ.

(ТАСС).

## Пурăнмалли çуртсем лартаççĕ

ТБИЛИСИ. Кунта рабочисемпе служащисем хăйсене валли пурăнмалли çуртсем лартасси анлă сарăлнă. Государство пулăшнипе рабочисем тата служащисем лартнă çуртсенчен хулара çĕнĕ кварталсем пулса тăнă. Кăçалхи çичĕ уйăх хушшинче хулари ĕçсыннисене çуртсем лартма государство 8.700 пин тенкĕ кивçен парса пулăшнă. (ТАСС).

# РСФСР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔСЕМ

## Августăн 27-мĕшĕнчи лару

Августăн 27-мĕшĕнче Кремльти Пысăк Дворецра РСФСР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш ларăвĕ пулнă. Ларура РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата Республикăн 1951 тата 1952 çулсенчи Государство бюджечĕ çинчен тунă доклада малалла сÿтсе явнă.

Лару 11 сехетре уçăлнă. Председатель сĕтелĕ хушшинче—РСФСР Верховнăй Совет Председателĕ Л. Н. Соловьев депутат, Председатель заместителĕсем Н. М. Абдуллина, М. З. Азизов, А. С. Борисенко, А. А. Ильюшин, Н. А. Муравьева, И. В. Окунев, Е. И. Третьякова депутатсем, правительство ложинче—СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов. Депутатсемпе хăнасем вĕсене нумайччен алă çупса кĕтсе илеççĕ.

РСФСР Верховнăй Совет Председателĕ Л. Н. Соловьев депутат Добрынин депутата сăмах парать.

Г. П. Добрынин депутат Ростов облаçĕнчи ĕççыннисем СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсене хапăл туса йышăнни çинчен калать. Вĕсем Совет правительствин шалти тата тулашри политикине чĕререн ырлаççĕ. Çак политика вăл мире тата халăхсен хăрушсăрлăхне çирĕплетет, çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ярать. Рабочисем, колхозниксем, интеллигенци коммунизм обществи тумалли аслă задачăсене пурнăçласшăн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ.

Добрынин юлташ облаçра юлашки çулсенче тунă çитĕнÿсем çинчен каласа парать. Машиностроени пысăк хăвăртлăхпа вăйланса пырать. Çĕр кăмрăкĕ кăларасси чылай ÿснĕ. Металлургсем хăйсен планĕсене ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ. Çĕре шăварса тăни питех те пысăк усă пани çинчен депутат интереслĕ фактсем илсе кăтартать. Облаçри колхозсемпе совхозсем кăçал 200 пин гектар çĕр çинче тырпула шăварса çитĕнтернĕ. Çак çĕр çинче, шăвармасăр çитĕнтерекен çĕр çинче тырă туса илнипе танлаштарсан, икĕ хут ытларах тырă туса илнĕ. Çитес сывăх çулсенче облаçри колхозсемпе совхозсем пахча çимĕçсем акса тăвассине тата садсемпе виноградниксене чылай ÿстереççĕ.

Добрынин юлташ ытти депутатсем РСФСР Государство бюджетне çирĕплетме сĕннине ырлать.

Вăрçă хыççăнхи пилĕкçуллăхсенче, тет Г. А. Хубаев депутат, Калуга облаçĕнче производство вăрçăччен шая çитнĕ кăна мар, çак шайран та чылай иртнĕ. Промышленноçăн тĕп фончĕ икĕ хут ытла ÿснĕ. Калуга хулинчи тата облаçĕнчи предприятисем çĕршыв халăх хуçалăхне пăс турбинисем, турбомеханизмсем, локомобильсем, рельссем, санитарипе техника оборудованийĕ, автомобиль транспорчĕ валли электрооборудовани тата ытти продукци парса тăраççĕ. Ялхуçалăхĕ техникăпа пуянланса пырать. Вăрçă хыççăнхи çулсенче облаçра çĕнĕрен 15 машинатрактор станцийĕ организациленĕ, МТС-сенчи тракторсемпе комбайнсен паркĕ 4,8 хут ÿснĕ.

Хубаев депутат облаçра промышленноçпа ялхуçалăхне тата культурăна малалла аталантарас задачăсем çинче чарăнса тăрать. Вăл çавăн пекех облаçри предприятисем çумĕнче культурăпа йăла учрежденийĕсем тăвас ĕç çине кирлĕ пек пăхманшăн министерствăсене критиклет. Россия Федерацийĕн Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви çĕрулми тата пахча çимĕç туса илес ĕçсем валли машинăсем çителĕксĕр уйăрса парать.

1953 çулхи бюджетран социальнокультурăллă ĕçсем валли укçа-тенкĕ нумай уйăрса пани, тет СССР халăх художникĕ А. М. Герасимов депутат, партипе правительство пирĕн халăхăн культурăллă шайне пур майсемпе те ÿстерме тăрăшнине кăтартса парать.

Капитализмла çĕршывсенче искусство йывăрлăх умне тухса тăнă. Капитализмла çĕршывсенчи «искусствоведсем», тĕрлĕ йышши суя теорисемпе усă курса, буржуалла культурăн ирсĕрлĕхне халăхран пытарса тăрасшăн, ĕççынни массисен тимлĕхне капитализмла ирсĕр чăнлăхран пăрса ярасшăн. Совет искусстви, тет А. М. Герасимов, ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçе туса пырать. Пирĕн художниксен творчествин пĕлтерĕшĕ çĕршывра та, унăн тулашĕнче те ÿссе пырать. Художество музейĕсене курма пыракансен шучĕ çултан-çул ÿсет. Иртнĕ çулталăк хушшинче Третьяковски галерейăна 1.250 пин çын, Эрмитажа миллион çын ытла пырса курнă.

РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ А. М. Пузанов юлташ сăмах илет. Юлашки вăхăтра партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне малалла аталантарас тата ялхуçалăхне татăклăн вăйлатас тĕлĕшпе йышăннă мерăсем, тет Пузанов юлташ, мĕнпур совет çыннисене çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантараççĕ, вĕсен активлăхне тата ытларах ÿстереççĕ. Çак мерăсем вĕсем халăхăн материальнăй пурнăçне хăвăрт лайăхлатма тата вĕсен культурăллă шайне ÿстерме пулăшаççĕ.

Государство бюджечĕн проекчĕ хуçалăхпа-политикăлла çĕнĕ задачăсене пĕтĕмпех тивĕçтерет. Кăçал бюджетри пĕтĕм укçаран вунă пайран тăхăр пайĕ — 51.917 миллион тенкĕ — халăх хуçалăхне аталантарма тата социально-культурăллă ĕçе вăйлатма каять. Пузанов юлташ Россия Федерацийĕн халăх хуçалăхĕнче тунă çитĕнÿсем çинчен каласа парать. Иртнĕ çул республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность продукци туса кăлармалли плана 102 процент, кăçалхи 7 уйăх планне 101 процент тултарнă. Ялхуçалăхĕ те малалла вăйланса пырать. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн малтанхи виçĕ çулĕнче колхозсен акмалли çĕр лаптăкĕ 6.796 пин гектар ÿснĕ. Вăл шутран пахча культура — тулă акмалли çĕр лаптăкĕ 5.586 пин гектар ÿснĕ.

Анчах та ялхуçалăх ĕçĕсем япăх пыракан колхозсемпе районсем те пур-ха. Кун пек колхозсем уйрăмах Центральнăй облаçсемпе Атăл тăрăхĕнче нумай. Пахча-çимĕçпе çĕрулми туса илесси юлса пырать. Йĕтĕн акса тăвас ĕç вăраххăн аталанать. Республикăри обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç халăхăн аш-какай, сĕт, çăмарта тата ытти продуктсем тĕлĕшпе ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтермест. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç юлса пынине пĕтерес тесен, кашни колхозра тата совхозра выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хурас пулать, выльăх-чĕрлĕх витисем тăвас ĕçе вăйлатас пулать.

Пузанов юлташ çăмăл, апат-çимĕç, вырăнти тата кооперации промышленноçне малалла аталантарасси çинчен калать. Хальхи вăхăтра республика промышленноçĕ халăха кирлĕ таварсем вăрçăччен хинчен икĕ хут ытларах туса кăларать. Изделисен ассортименчĕ ÿснĕ, вĕсен пахалăхĕ кăштах лайăхланнă.

Анчах нумай таварсем тĕлĕшпе халăх ыйтăвне тивĕçтерсе çитерейместпĕр-ха. Производствăна малалла ÿстерме промышленноçăн пысăк майсем пур. Анчах çак майсемпе çаплах çителĕксĕр усă кураççĕ.

Пузанов юлташ çапла калать: Республикăн Министрĕсен Совечĕ Верховнăй Совет депутачĕсем критиклесе каланисене тата вĕсен сĕнĕвĕсене шута илĕ, Россия Федерацийĕнчи министерствăсемпе ведомствăсен ĕçĕсене лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнĕ, тет.

— Совет халăхĕ,—тенĕ юлашкинчен Пузанов юлташ,—коммунизмăн чаплă çуртне тăвать. Совет çыннисем пирĕн ĕç çĕнтерÿллĕ ĕç пулнине пĕлеççĕ, мĕншĕн тесен пирĕн ĕçе кĕрешÿсенче пиçĕхнĕ Коммунистсен аслă партийĕпе унăн аслă Центральнăй Комитечĕ, пирĕн тăван Совет Правительстви ертсе пыраççĕ.

Çакăнпа РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен прени вĕçленет.

РСФСР Финанс министрĕ И. И. Фадеев депутат юлашки сăмах калать.

Вăл республикăн Министрĕсен Совечĕ Бюджет комиссийĕ 1953 çулхи Государство бюджечĕн тупăшĕсене ÿстерессипе тата хăшпĕр расходсене чакарасси çинчен панă тÿрлетÿсемпе килĕшни çинчен тата çак тÿрлетÿсене йышăннине вырăнлă тесе шутлани çинчен пĕлтерет. Депутатсем асăрхаттарса каланисене тата вĕсем хускатнă ыйтусене Министрсен Совечĕ пурне те пăхса тухать.

РСФСР Верховнăй Совечĕ, пĕр шухăшкăмăллă пулса, 1953 çулхи Государство бюджетне тупăшсем енĕпе—57.640.589 пин тенкĕ, расходсем енĕпе—57.551,161 пин тенкĕ чухлĕ çирĕплетет. Тупăшсем расходсенчен 89.428.000 тенкĕ ытларах пулаççĕ. Сесси РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен пĕр саслă пулса Закон йышăнать.

Верховнăй Совет кун йĕркинчи иккĕмĕш ыйтăва — РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ иккĕмĕшпе виççĕмĕш сессисем хушшинче йышăннă Указсене çирĕплетес ыйтăва пăхса тухма тытăнать. Ку ыйту тăрăх РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн секретарĕ И. Н. Зимин депутат доклад тăвать.

Верховнăй Совет пĕр саслă пулса çак Указсене çирĕплетет: РСФСР министерствисене тата автономиллĕ республикăсен министерствисемпе Министрсен Совечĕсен çумĕнчи управленисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен; Б. Н. Черноусова РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен; А. М. Пузанова РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма уйăрса лартасси çинчен; М. М. Вессонова, Т. М. Зуевăна, А. М. Прокофьева, Д. П. Професансова РСФСР Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕсен ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен; В. А. Маслова, Д. И. Алехина, В. Н. Иванова РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн заместителĕсем пулма уйăрса лартасси çинчен; П. П. Лобанова РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ тата РСФСР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕ пулма уйăрса лартасси çинчен.

Çавăн пекех РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ кăларнă çак Указсене пĕр саслă пулса çирĕплетнĕ: И. А. Лукашева Суту-илÿ министрĕ пулма, Т. М. Зуевăна—Культура министрĕ пулма, А. С. Болдырева — Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министрĕ пулма, С. П. Никифорова — Вăрман тата хут промышленность министрĕ пулма, В. С. Степанова — Сывлăх министрĕ пулма, А. Т. Рубичева—Юстици министрĕ пулма, Б. К. Чубарова—Çул-йĕрпе транспорт хуçалăх министрĕ пулма, Д. П. Професансова — Пурăнмалли çурт-йĕрпе гражданла строительство министрĕ пулма, Н. Е. Чеснокова—Вырăнти тата топливо промышленность министрĕ пулма, Н. А. Муравьевăна — Социальнăй обеспечени министрĕ пулма уйăрса лартасси çинчен.

Çавăн пекех А. Г. Силачева РСФСР Верховнăй Сучĕн членĕ пулма суйласси çинчен постановлени йышăннă.

Малалла Верховнăй Совет Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ парти ятне улăштармалла тунă май тата СССР Конституцийĕн 126-мĕш статьи тăрăх РСФСР Конституцийĕн 130-мĕш статьине улшăну кĕртесси çинчен И. Н. Зимин депутат тăратнă сĕнĕве пĕр саслă пулса йышăнать.

Лару председателĕ РСФСР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕ хупăнни çинчен пĕлтерет (ТАСС).

## РСФСР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН БЮДЖЕТ КОМИССИЙĔН ПРЕДСЕДАТЕЛĔ С. П. АФАНАСЬЕВ ДЕПУТАТ ТУНĂ СОДОКЛАД

Депутат юлташсем! Россия Федерацийĕнчи халăхсем аслă Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсемпе пĕрле, пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ аслăн ертсе пынипе, коммунизм тумалли çулпа шанчăклăн малалла пыраççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисене пурнăçласа, ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсене çине тăрса пурнăçласа, пирĕн çĕршыв хуçалăхпа культура строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем туре, халăхăн материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатрĕ.

Çав çитĕнÿсем пирĕн республикăн Государство бюджетне 1951 тата 1952 çулсенче пурнăçлани çинчен калакан итогсенче тата 1953 çулхи бюджетăнче уççăн курăнса тăраççĕ,—вĕсене РСФСР Верховнăй Совечĕн çак сессийĕнче пăхса тухма тăратнă.

1951 тата 1952 çулсенчи бюджета мĕнле пурнăçлани çинчен калакан отчетсем тăрăх Бюджет комиссийĕн нимĕнле асăрхаттарнисем те çук. РСФСР-ăн 1951 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета тупăшсем енĕпе 55.821 миллион тенкĕ, расходсем енĕпе 54.830,4 миллион тенкĕ, 1952 çулхи бюджета пурнăçлани çинчен калакан отчета тупăшсем енĕпе 54.769 миллион тенкĕ, расходсем енĕпе 54.259,8 миллион тенкĕ çирĕплетме сĕнет.

РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджечĕ, 1952 çулхи бюджета пурнăçланипе танлаштарсан, расходсем енĕпе 3.292,4 миллион тенкĕ ÿсет. Бюджет малалла ÿсни пирĕн республикăн производительнăй вăйĕсем малалла пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пынине, социализмла хуçалăх татти-сыпписĕр хăватлăн вăйланса пынине, Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви халăх ырлăхĕшĕн тата совет çыннисен пурнăçне малалла лайăхлатассишĕн куллен тăрăшнине кăтартса парать.

СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисене тата пирĕн çĕршыври халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культурине хăвăртрах лайăхлатас тĕлĕшпе Партипе Правительство палăртса хунă ĕçсене Совет Союзĕнчи халăхсем пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕç.

Ĕççыннисен пурнăçне малалла лайăхлатас ĕçре пурăнмалли çурт условийĕсене лайăхлатни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Пирĕн республикăн 1953 çулхи бюджечĕ тăрăх, пурăнмалли çуртсем тума укçа-тенкĕ нумай ытларах уйăрса параççĕ, вырăнти Советсен пурăнмалли çурчĕсене тĕпрен юсама каякан расходсем ÿсеççĕ.

Социально-культурăллă ĕçсем валли 40.990,3 миллион тенкĕ, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 2.495,4 миллион тенкĕ нумайрах уйăрса параççĕ, вăл шутра пурне те вĕрентмелли шкулсем валли 404,7 миллион тенкĕ ытларах уйăрса параççĕ.

Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, халăх сывлăхне сыхлама 1.192,9 миллион тенкĕ е 10 процент ытларах укçа-тенкĕ уйăрса параççĕ. Сывлăх учрежденийĕсем валли нумай ытларах укçа-тенкĕ уйăрса пани Совет государстви ĕççыннисен сывлăхне сыхлассишĕн тăрăшнине кăтартса парать.

Кăçалхи бюджет уйрăмлăхĕ социализмла предприятисенчен укçа-тенкĕ ытларах пухни тата халăхран укçа-тенкĕ пухасси чылай чакни пулать. 1953 çулта предприятисемпе хуçалăх организацийĕсем усламран уйăрса пани тата налог тÿлени 9.889,3 миллион тенкĕ ытларах пулать. Çав вăхăтрах государство заемĕсем сарнипе тата халăх хăй ирĕкĕпе тÿлекен укçа-тенкĕ 6.222 миллион тенкĕ чакать.

Халăхран укçа-тенкĕ сахалтарах пухасси СССР Правительстви кăçал ялхуçалăх налогне 44,6 процент чакарма йышăннинчен тата государство заемĕн суммине икĕ хут çурă пĕчĕклетнинчен килчĕ.

Закон тăрăх ялхуçалăх налогне чакарни, колхозниксем çине çав налога хумалли йĕркене улăштарни, çавăн пекех Партипе Правительство ялхуçалăхне хăвăртрах вăйлатас тĕлĕшпе тăвакан ĕçсем колхозсемпе колхозниксене ялхуçалăхĕн кая юлнă отраслĕсене аталантарма экономика тĕлĕшпе хавхалантараççĕ, колхозниксен обществăлла тата харпăр хăй интересĕсене тĕрĕс сыхăнтарма, колхоз хресченĕсен материальнăй пурнăçне лайăхлатма май параççĕ.

РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджетне пăхса тухнă хыççăн, Бюджет комиссийĕ çакна палăртать: ăна халăх хуçалăхĕн планĕпе пĕтĕмĕшпех килĕштерсе тунă тата вăл пирĕн Федерацири халăхсен интересĕсене палăртса тăрать.

Бюджет комиссийĕ РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджетне РСФСР Министрĕсен Совечĕ палăртнă чухлĕ, çак улшăнусемпе çирĕплетме сĕнет:

1953 çулхи Государство бюджечĕн тупăшĕсене 88,4 миллион тенкĕ ÿстермелле, вăл шутра усламран уйăрса паракан тÿлевсем тăрăх 32 миллион тенкĕ, аренда тупăшĕсем тăрăх — 22 миллион тенкĕ, çуртсенчен тата çĕрпе усă курнăшăн илекен тупăшсем тăрăх—16 миллион тенкĕ, государство пошлини тăрăх—15 миллион тенкĕ тата ытти тупăшсем тăрăх—3,4 миллион тенкĕ.

Çак сĕнÿсене 1953 çулхи пĕрремĕш çур çулта бюджета мĕнле пурнăçланине шута илсе тата хăшпĕр расчетсене тÿрлетнĕ май панă.

Бюджет комиссийĕ тупăшсене ÿстернипе тата расходсене чакарнипе юлакан укçа-тенке, пĕтĕмпе 89,4 миллион тенкĕ, тупăшсем расходсенчен ытларах пулччăр тесе пама сĕнет.

Депутат юлташсем! Промышленноçра ĕçлекенсен чи пĕрремĕш тивĕçĕ — производство планне кашни предприяти тăрăх, палăртнă номенклатура тăрăх тултарасси, питĕ паха продукци туса кăларасси тата унăн хăйне ларакан хакне тăтăшах йÿнетсе пырасси пулать.

1952 çулта пирĕн фабрикăсемпе заводсем нумайăшĕ производство программине ăнăçлăн пурнăçларĕç, накоплени тумалли плансене тата продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли заданисене тултарчĕç тата иртерсе тултарчĕç. Çапах та производство планне тата продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли заданисене тултарман предприятисемпе промышленноçăн пĕтĕм отраслĕсем те пурха. РСФСР Верховнăй Совечĕн иртнĕ сессийĕнче РСФСР Вăрманпа хут промышленность министерствин ĕçне хытă критикленĕччĕ, анчах промышленноçăн çак отраслĕ ĕçе палăрмаллах лайăхлатни курăнмасть-ха. Иртнĕ çулта вăрман промышленноçĕ производство программине пурнăçламарĕ. Йывăç турттарса кăлармалли плана 80,7 процент кăна тултарнă. Ĕçе юрăхлă йывăç турттарса кăлармалли плана 1953 çулхи пĕрремĕш çур çулта та тултарман.

Вăрман хатĕрлекен нумай организацисем япăх ĕçленин сăлтавĕ çакă пулать: вĕсем хăйсен пуян техникипе япăх усă кураççĕ, производство новаторĕсен пуçарăвне тата малта пыракан предприятисен опытне вăрман промышленноçĕнче начар сарса пыраççĕ. Предприятисене ялан ĕçлекен рабочисемпе çирĕплетес, вăрман хатĕрлевĕнче ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсене тумаççĕ.

Вăрман хатĕрлекен нумай организацисен руководителĕсем предприятисенче хуçалăх расчетне мĕнле пурнăçлани çине тивĕçлипе пăхмаççĕ, йывăç хатĕрлес ĕçĕн хăйне ларакан хакне йÿнетме тăрăшмаççĕ. Çавăнпа та РСФСР Вăрманпа хут промышленность министерствине пăхăнса тăракан предприятисем 1952 çулта продукцин хăйне ларакан хакне 143 миллион тенкĕ ÿстерсе янă, план тăрăх тупăш пама палăртнă пулсан, çулталăкра 93 миллион тенкĕ убыток тÿснĕ.

Вăрман промышленноçĕ халăх хуçалăхĕн ÿссе пыракан ыйтăвĕсенчен юлса пынине пĕтерес тĕлĕшпе партин XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панине РСФСР Вăрманпа хут промышленность министерствин хăвăртрах пурнăçлас пулать.

Вырăнти промышленность предприятийĕсем те плана палăртнă ассортимент енĕпе тултараймарĕç. Вĕсем савăт-сапа, çĕçĕ, йĕп, тетрадьсем тата халăха кирлĕ ытти нумай таварсем туса кăлармалли плана тултараймарĕç.

Анчах ĕç таварсем нумай туса кăларассинче кăна мар. Халăха куллен кирлĕ таварсен пахалăхне лайăхлатасси те пысăк пĕлтерĕшлĕ задача пулса тăрать. Совет çыннисен кăмăлне кайман илемсĕр таварсем туса кăларнăшăн Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин, Вырăнти тата топливо промышленность министерствин нумай предприятийĕсене ĕççыннисем сахал мар ÿпкелешеççĕ. 1952 çулта çав предприятисем япăх таварсем туса кăларнипе нумай миллион тенкĕ убыток тÿсрĕç.

Министерствăсемпе предприятисен руководителĕсен задачи государство çирĕплетсе панă заданисене тăтăшах пурнăçласа пырасси тата туса кăларакан продукци пахалăхне лайăхлатасси пулать.

Пирĕн çĕршывра трамвайпа троллейбус линийĕсене пысăклатас, электростанцисем лартас, водопроводсем тата коммунальнăй ытти предприятисем лартас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса иртереççĕ. Çапах та, калас пулать, вĕсене йĕркеллĕ ĕçлеттерессишĕн, халăхăн коммунальнăй хуçалăх тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн пур çĕрте те кирлĕ пек тăрăшмаççĕ-ха. Рязаньти троллейбус транспорчĕн управленийĕ кĕпер юсас тĕлĕшпе чылай вăхăт хушши нимĕн те туман, çавăн пирки троллейбус линийĕсенчен пĕри—Рязань—Дягилево хушшинчи лини—1952 çулхи иккĕмĕшпе виççĕмĕш кварталсенче ĕçлемен, вара Рязань хулинчи нумай çынсем хулари транспорт уссине курайман. Псковра 4 пин киловатлă электростанцие кая юлса ĕçе кĕртнĕ. Çавна пула çак электростанци электроэнерги памалли плана—59,2 процент, накоплени тумалли плана —мĕн пурĕ те 22,3 процент кăна тултарнă.

1953 çулта государство енĕпе укçатенкĕ хывасси, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 1.774 миллион тенкĕ ÿсет. Социализмла экономика аталанăвĕ хуçалăх руководителĕсене строительство ĕçĕсен пахалăхне лайăхлатассишĕн, вĕсен хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн, строительство ĕçĕсен планне çирĕп пурнăçласа пырассишĕн куллен тăрăшма хушать. Çапах та строительство организацийĕсем нумайăшĕ çав задачăсене пурнăçласа пымаççĕ.

Пурăнмалли çуртпа гражданла строительство министерствин «Великолукстрой» тресчĕ, сăмахран, планлă заданисене çителĕксĕр пурнăçласа пырать. Çак организаци 1952 çулта строительство ĕçĕсен планне 82,5 процент кăна тултарнă. Вунпĕр çурт вырăнне виççĕшне кăна ĕçе кĕртнĕ. Ĕç вăйĕ нумай кирлĕ ĕçсене нумайăшне алăпа тунă, çав вăхăтрах пысăк тухăçлă машинăсем ĕçлемесĕр ларнă. Рабочисене тĕрĕс мар ĕçлеттернине, материалсене хуçасăрла расходланине пула тата накладной расходсем ытлашши пулнă пирки строительство ĕçĕсен хакĕ планпа палăртнинчен 17,3 процент пысăкрах пулнă, тупăш илес вырăнне трест 1.921 пин тенкĕ убыток тÿснĕ.

Перекетлĕх режимне пăхăнманни çинчен, строительство хакла ларни çинчен калакан çавнашкал тĕслĕхсене Пурăнмалли çуртпа гражданла строительство министерстви ытти чылай организацийĕсенче те курма пулать.

Россия Федерацийĕнчи мĕнпур хуласенче, рабочисем пурăнакан поселоксенче тата ялсенче пурăнмалли çуртсем лартасси анлăн сарăлчĕ. Миллионшар çĕнĕ çуртсем туса лартнă, вăрçăччен вăхăтпа танлаштарсан, Челябинскра, Новосибирскра, Омскра, Куйбышевра тата республикăри ытти чылай хуласенче пурăнмалли çуртсен лаптăкĕ чылай ÿсрĕ. Совет Союзĕн столици—Мускав—нумай улшăнса çĕнелчĕ, унта юлашки икĕ çул хушшинче пĕр миллион çурă ытла тăваткал метр пурăнмалли çуртсем туса лартнă. 1952 çулта пурăнмалли çуртсем тумалли плана Архангельскпа Челябинск облисполкомĕсем, Чăваш автономиллĕ республикин Министрĕсен Совечĕ ăнăçлă тултарчĕç.

Калас пулать, строительство ĕçĕсем пур çĕрте те кирлĕ пек хăвăртлăхсемпе пулса пымаççĕ-ха. Ростов облисполкомĕ, сăмахран, 1951 çулта пурăнмалли çуртсем тумалли плана, вырăнти Советсем енĕпе 78,5 процент кăна тултарнă. Строительство планне 1952 çулта та питĕ çителĕксĕр пурнăçланă, строительство ĕçĕсем кăçал та вăраххăн пулса пыраççĕ. Тула тата Ульяновск облисполкомĕсем те пурăнмалли çуртсем лартас ĕçе çителĕксĕр туса пыраççĕ.

1953 çулхи Государство бюджетĕнче çĕнĕ шкулсем, ача сачĕсем, яслисем, больницăсем тата ытти культурăпа йăла учрежденийĕсем нумай лартма укçа-тенкĕ ытларах уйăрса пама палăртса хунă. Анчах çав ĕçсем валли уйăрса панă укçатенкĕпе нумай чухне пĕтĕмĕшпех усă курмаççĕ. 1952 çулта Пурăнмалли çуртпа гражданла строительство министерствин строительство организацийĕсем 463 койка вырнаçмалăх пилĕк больница тата ача çуратмалли çурт, инвалидсен 14 çуртне, ача сачĕсем тăваттă тата ача çурчĕсем икĕ çурт лартмалли плана тултараймарĕç.

Министерствăсемпе вырăнти Советсен исполкомĕсем пурăнмалли çуртсемпе культурăпа йăла строительствин планĕсене мĕнле пурнăçланине ытларах тĕрĕслесе тăма тивĕçлĕ.

Социализмла прозводство вĕçĕмсĕр ÿссе пыни, Правительство халăха куллен кирлĕ таварсен хакĕсене тăтăшах йÿнетсе пыни, халăх тавар ытларах илме пултарни совет суту-илĕвне вăйлатма питĕ лайăх майсем туса параççĕ. Анчах çав условисемпе суту-илÿ организацийĕсем пурте тулли усă курмаççĕ-ха. Вĕсем халăх ыйтăвне çителĕксĕр шута илеççĕ, таварсем турттарса пырас ĕçре йăнăшсем тăваççĕ. Сăмахран, Молотов облаçĕнчи магазинсенче арçынсемпе хĕрарăмсене кирлĕ атă-пушмак чылай вăхăт хушши пулман.

Таварсене халăх ыйтăвне шута илмесĕр кÿрсе пынине пула, чылай вырăнсенче промышленность туса кăларнă япаласем ахаль выртакан запассем пулса тăнă. Çав вăхăтрах ялсенчи тата районсенчи магазинсенче çĕршывра нумай туса кăларакан таварсем те пулмаççĕ.

РСФСР суту-илÿ министерствин суту-илÿ организацийĕсенче нумайăшĕнче перекетлĕх режимне пăхăнмаççĕ, хуçасăрлăха пула вырăнсăр тăкаксем тăваççĕ. РСФСР Суту-илÿ министерствин суту-илÿ организацийĕсенче таварсене тĕрĕс мар сыхласа усранине пула, 1952 çулта нормăран ытлашши 40,2 миллион тенкĕлĕх убыток пулнă. Ĕç укçине ÿстерсе тÿленĕ пирки, штатран ытлашши работниксем тытнă пирки тата финанс дисциплинине ытти майсемпе те пăснине пула, Челябинск облаçĕнчи вырăнти торгсенче 1952 çулта тавар çаврăнăшĕнчи тăкаксем 5,2 миллион тенкĕ, Чкалов облаçĕнче—2,7 миллион тенкĕ, Краснодар крайĕнче—2,3 миллион тенкĕ ытлашши ÿссе кайнă.

1953 çулхи Государство бюджетне ăнăçлă пурнăçлас тесен, хуçалăх руководителĕсен хуçасăрлăхпа килĕшсе пурăннине пĕтерес пулать. Çапах та хуçалăхăн нумай руководителĕсем производство экономикипе сахал интересленеççĕ, перекетлĕх режимĕ çине, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетесси çине тивĕçлипе пăхмаççĕ. Сăмахран, РСФСР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин çăмата йăвалакан тата кĕççе тăвакан предприятийĕсем 1952 çулта 123 тонна çăм, пир-авăр промышленность предприятийĕсем—150 тонна çĕр мамăкĕ ытлашши расходланă. Тир-сăран предприятийĕсенче хром тата тир-сăран таварĕсем тăвас ĕçре 216 пин тăваткал дециметр чĕртавар ытлашши расходланă. Çак предприятисем чĕртавар расходламалли нормăсене пăхăнса ĕçленĕ пулсан, çĕршыври халăх тумтирпе атă-пушмак тата нумайрах илнĕ пулĕччĕ.

Производствăна организацилес ĕçри пысăк çитменлĕхсене пула, ĕç укçин фондне ытлашши расходланă пирки тата производствăпа сыхăнса тăман расходсем тунине пула, республикăна пăхăнса тăракан апат-çимĕç промышленность предприятийĕсем 1952 çулта накоплени тумалли плана 9,4 процент, усламран бюджета уйăрса памалли плана—75,5 миллион тенкĕ тултарса çитереймен. Нумай предприятисенче брак пулнă пирки пысăк тăкаксем тÿсеççĕ. Çав тăкаксем республикăна пăхăнса тăракан вырăнти промышленность предприятийĕсенче 12,3 миллион тенкĕ пулнă. Строительство материалĕсем тăвакан промышленность тăрăх кăна нормăран ытлашши 5,4 миллион штук кирпĕч пăрахăçланă.

Государство аппаратне пĕчĕклетсе йÿнетес тĕлĕшпе юлашки вăхăтра чылай ĕçсем туса иртернĕ. Çапах та хăшпĕр организацисем администраципе хуçалăх енĕпе ытлашши укçа-тенкĕ расходлаççĕ. 1952 çулта штатран ытлашши илнĕ работниксене тÿлесе тата ĕç укçи ÿстересе парса 1,6 миллион тенкĕ расходланă. Вырăнти промышленноçăн 27 предприятине тĕрĕслесен çакă палăрнă: вĕсенче цехсенче ĕçлекенсем шучĕпе управлени аппарачĕнче штатран ытлашши 135 çын тытса усранă, вĕсене 378 пин тенкĕ ĕç укçи тÿленĕ. Çăмăл промышленность предприятийĕсен командировка валли каякан расходсене 5 процент чакармалла пулнă, çав расходсем вара 10,1 процент ытлашши пулнă.

Пирĕн предприятисен производствăпа финанс планĕн тĕллевĕ—продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетес тата предприяти тупăшлăхне ÿстерес тĕлĕшпе рабочисемпе служащисене производствăри мĕнпур резервсемпе туллин усă курма мобилизацилесси. Анчах план тунă вăхăтра ĕç тухăçлăхне ÿстерес, материалсене перекетлес, оборудованипе лайăхрах усă курас тĕлĕшпе предприятисенчи резервсене чылай чухне шута илмеççĕ, продукцин хăйне ларакан хакне ÿстерме палăртса хураççĕ. Çапла, сăмахран, сĕт-çу промышленноçĕн Тĕп управленийĕ пастеризациленĕ сĕтĕн пĕр тоннин хăйне ларакан хакĕ 1952 çулта 1951 çулхинчен 10,3 процент ытларах пулмалла тесе палăртнă, çавна пула çак главк предприятисенче 2.856 пин тенкĕ «экономи» пулса тăнă. Вырăнти промышленность Главхимпромĕн Нижне-Мальцевски тата ытти завочĕсенче 1952 çул валли туса хатĕрленĕ планлă калькуляцисенче чĕртавар хакне тата ăна расходламалли нормăна ÿстерсе кăтартнă, çакна пула çав предприятисенче япаласен хăйне ларакан хакĕ 717 пин тенкĕ чухлĕ ÿснĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсем хозяйственниксене экономика ыйтăвĕсемпе ытларах интересленме, хуçалăхра курăнмасăр тăракан резервсене шыраса тупма, вĕсемпе усă курма, хуçасăрлăха пĕтерме хушаççĕ.

Предприятисен финанспа хуçалăх ĕçĕсене тĕрĕслемелли, вĕсенчи резервсене тупса палăртмалли паха май бухгалтери отчечĕсемпе балансĕсене тишкерсе тухни пулать.

Правительство министерствăсене тата тĕп управленисене хуçалăх расчечĕпе ĕçлекен мĕнпур организацисен кварталсенчи тата çулталăкри отчечĕсене пăхса тухма, çав никĕс çинче предприятисен тупăшлăхне ÿстермелли, кашни предприятире материалсемпе укçа-тенкĕ расходлас тĕлĕшпе перекетлĕх режимне çирĕп тытса пымалли ĕçсене палăртма хушрĕ.

Çапах та хăшпĕр министерствăсемпе тĕп управленисем çак ĕçе çителĕксĕр хаклаççĕ. 1952 çулта, сăмахран, çул-йĕрĕн Тĕп управленийĕ хăйне пăхăнса тăракан предприятисемпе организацисен балансĕсене пĕр квартал та пăхса тухман. Коммунальнăй хуçалăх министерстви хăйне пăхăнса тăракан нумай организацисен бухгалтери отчечĕсене 1952 çулхи 9 уйăх хушшинче пăхса тухман. РСФСР Вăрманпа хут промышленность министерстви кварталсенчи балансĕсене пурне те пăхса тухман, унсăр пуçне хăйне пăхăнса тăракан трестсен, главксен тата вăрманпромхозсен çулталăкри отчечĕсемпе балансĕсене çуррине те çирĕплетмен.

Предприятисемпе учрежденисен финанспа хуçалăх ĕçĕсене ведомствăсем çителĕксĕр тĕрĕслесе тăраççĕ-ха. Хуçалăх организацийĕсене нумайăшне чылай çул хушши тĕрĕслемеççĕ. Нумай министерствăсенче ревизи пахалăхĕ çителĕксĕр.

Государство дисциплинине пăснине хирĕç кĕрешес, перекетлĕх режимне мĕнле пăхăнса ĕçленине тата государство планĕсене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслес тĕлĕшпе финанс министерствисемпе унăн вырăнти органĕсем çине пысăк ответлăх хунă.

РСФСР Финанс министерстви иртнĕ çулта предприятисемпе организацисен тата учрежденисен финанс ĕçĕсене тĕрĕслессине вăйлатрĕ. Çапах та финанс органĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртмалла.

Финанс министерствин тĕрĕсленипех тата актсем çырнипех лăпланса лармалла мар, çав актсенче пулнă тăкаксемпе çухатусене кăна палăртаççĕ. Государство пурлăхĕ çине хуçасăрла пăхни çинчен калакан тĕслĕхсене тупса палăртмалла кăна мар, тăкаксем пулассинчен те асăрхамалла, предприятисемпе хуçалăх отраслĕсен тупăшлăхне ÿстерме çĕнĕ майсем тупмалла.

Депутат юлташсем! Совет Союзĕнчи ĕççыннисем, Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви тавра тачă пĕтĕçсе, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлассишĕн пысăк хавхаланупа кĕрешеççĕ. Çав решенисен тĕллевĕ—пирĕн социализмла Тăван çĕршывăн вăй-хăватне малалла тĕреклетесси, пирĕн çĕршыври ĕççыннисен куллен ÿссе пыракан материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене пĕтĕмпех тивĕçтерессси, социализмла государствăн оборона пултарулăхне вăйлатасси, пĕтĕм тĕнчери мире тĕреклетесси пулать.

Çав аслă задачăсемпе хавхаланса, Совет Союзĕнчи халăхсем ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана чыслăн пурнăçлама хатĕр тăраççĕ. Совет обществи малалла кайнине чарса лартма пултаракан вăйсем тĕнчере çук!

1953 çулхи Государство бюджетне ăнăçлăн пурнăçласа, Россия Федерацийĕнчи халăхсем социализмран майĕпен коммунизма куçас ĕçе хăйсен вăйне хураççĕ.

Ленинизм ялавĕ айĕнче, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, совет халăхĕ хуçалăхпа культура строительствинче, социализмла государство вăй-хăватне малалла тĕреклетес ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тăвать. (Алă çупаççĕ).

## РСФСР ВЕРХОВНӐЙ СОВЕЧӖН ЛАРӐВӖСЕМ

# РСФСР Верховнӑй Совечӗн сессийӗнче М. М. Романова депутат каланӑ сӑмах

*(Вӑрнар суйлав округӗ, Чӑваш АССР-ӗ)*

Депутат юлташсем! РСФСР Верховнӑй Совечӗнче пӑхса тухма тата ҫирӗплетме РСФСР Министрӗсен Совечӗ РСФСР-ӑн 1953 ҫулхи Государство бюджетне тӑратрӗ. Ҫав бюджет Росси Советлӑ Федеративлӑ Социализмлӑ Республикинчи ӗҫҫыннисен интересӗсемпе пӗтӗмпех килӗшсе тӑрать.

Пирӗн государствӑн бюджечӗ ҫулсерен чылай ӳссе пыни пирӗн Тӑван ҫӗршывӑн хӑватне тата вӑл малалла, коммунизм патнелле ӑнӑҫлӑ пынине ӳссӗн кӑтартса паракан тӗслӗх пулса тӑрать.

РСФСР Верховнӑй Совечӗн виҫҫӗмӗш сессийӗ совет халӑхӗн ӗҫри тата политикӑлла активлӑхӗ ӳснӗ лару-тӑрура пулса иртет. СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗн решенийӗсем совет халӑхӗн активлӑхне ӳстерчӗҫ. Чӑваш республикинчи ӗҫҫыннисем, пӗтӗм совет халӑхӗ пекех, нумай пухусенче СССР Верховнӑй Совечӗн решенийӗсене чун-чӗререн ырларӗҫ, производство заданийӗсене пурнӑҫлассишӗн тата хастарлӑрах кӗрешме тытӑнчӗҫ.

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви, партин XIX-мӗш съезчӗн историллӗ решенийӗсене пурнӑҫласа, халӑх хуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсене тата культурӑна ҫӗнӗрен вӑйлатса пырассине ӗҫе кӗртсе пыраҫҫӗ. Халӑх хуҫалӑхне 1953 ҫулӑн пӗрремӗш ҫурҫуллӑхӗнче аталантармалли государство планне тултарнин итогӗсем пилӗкҫуллӑх план ӑнӑҫлӑ пурнӑҫланса пынине кӑтартса параҫҫӗ. Пирӗн аслӑ Тӑван ҫӗршывӑн социализмла экономики пысӑк ҫитӗнӳсем турӗ тата культура чечекленчӗ. Ҫак пысӑк ҫитӗнӳсене Коммунистсен партийӗ аслӑ ертсе пынипе, рабочи класпа колхоз хресченӗсен союзӗ ҫирӗп пулнипе, Совет Союзӗнчи халӑхсен туслӑхӗ тата пӗтӗм совет халӑхӗн моральлӗ-политикӑлла пӗрлӗхӗ ҫирӗп пулнипе тума май килнӗ.

Коммунистсен партийӗн наци политикин тӗрӗс пулни ССР Союзӗнчи мӗнпур халӑхсен экономикипе культурине чечеклентерме май пачӗ. Совет Союзӗнчи халӑхсен ленинла-сталинла туслӑхӗ чаплӑ ҫӗнтерӳсем тунине лайӑх кӑтартса паракан тӗслӗхсенчен пӗри вӑл пирӗн Чӑваш республикин экономикӑпа культури чечекленни пулать. Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе, аслӑ вырӑс халӑхӗ пулӑшнипе Чӑваш республикинчи ӗҫҫыннисем социализм строительствинче пысӑк ҫитӗнӳсем тума пултарчӗҫ. Республикӑра шултра промышленность тунӑ, промышленноҫӑн ҫӗнӗ предприятийӗсене чылай лартма тытӑннӑ, халичченхи предприятисене пысӑклатаҫҫӗ, Атӑл ҫинче Шупашкар гидроэлектростанцине тума хатӗрленес тӗлӗшпе ӗҫлеҫҫӗ.

Чӑваш республикинчи пӗтӗм промышленность иртнӗ ҫулта, вӑрҫӑчченхи вӑхӑтпа танлаштарсан, икӗ хут нумайрах продукци туса кӑларчӗ. 1953 ҫулӑн пӗрремӗш ҫурҫуллӑхӗнче пӗтӗмпе продукци туса кӑлармалли плана ӑнӑҫлӑ тултарнӑ; 1952 ҫулӑн пӗрремӗш ҫурҫуллӑхӗнчен 13 процент ытларах продукци туса кӑларнӑ. Ӗҫ тухӑҫлӑхӗ 7 процент ӳснӗ, капитальнӑй строительствӑн пысӑкӑшӗ 147 процент пулнӑ.

Чӑваш республикинчи социализмла ялхуҫалӑхӗ ӳссе тата тӗрекленсе пырать. Тулӑ, ҫӗрулми, техникӑлла культурӑсем, выльӑх апачӗ тумалли культурӑсем акса тӑвакан ҫӗр лаптӑкӗ пысӑкланать. Колхозсенче мӗнпур йышши выльӑхсен шучӗ, 1940 ҫулхипе танлаштарсан, нумай ӳсрӗ. Колхозсем государствӑна ялхуҫалӑх продукчӗсем памалли обязательствӑсене тултарса пыраҫҫӗ.

СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ йышӑннӑ Государство бюджечӗ тата ялхуҫалӑх налогӗ ҫинчен йышӑннӑ закон республикӑри ялхуҫалӑх ӗҫченӗсен ӗҫри хастарлӑхне тата ытларӑх ӳстерчӗ. Вӗсем ҫав закона йышӑннине Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви колхозсен обществӑлла хуҫалӑхне малалла вӑйлатса пырассишӗн тата чечеклентерессишӗн, колхозниксен пурнӑҫне лайӑхлатассишӗн тӑван атте пек тӑрӑшни пулать, тесе шутлаҫҫӗ.

Сӗрпӳ районӗнчи «Новая жизнь» ялхуҫалӑх артелӗн пухӑвӗнче Кузьмичев колхозник, мӗнпур колхозниксен шухӑшне палӑртса, ҫапла каланӑ: «ССР Союзӗн 1953 ҫулхи Государство бюджетне тата ялхуҫалӑх налогӗ ҫинчен йышӑннӑ закона эпир чун-чӗререн ырлатпӑр. Ку вӑл партипе правительство колхоз хресченӗсемшӗн питех те хытӑ тӑрӑшни пулать. Тата лайӑхрах ӗҫлӗпӗр тата пысӑкрах ҫитӗнӳсем тӑвассишӗн тӑрӑшӑпӑр. Ҫакӑнта пулать те ӗнтӗ совет халӑхӗ телейлӗ тата пуян пурӑнассин шанчӑкӗ».

СССР Верховнӑй Совечӗн решенийӗсемпе хавхаланса, Чӑваш республикинчи колхоз уй-хирӗсенчи ӗҫченӗсем тухӑҫлӑ тырпула пӗр тӑкаксӑр пухса кӗртессишӗн тата государство умӗнчи обязательствӑсене срокчен тултарассишӗн пӗтӗм вӑя хурса ӗҫлеҫҫӗ.

Промышленноҫпа ялхуҫалӑхӗ вӑйланса пыни икӗ ҫинче республикӑри ӗҫҫыннисен материальнӑй пурнӑҫӗ лайӑхланса пырать тата культура ӳсет. Рабочисемпе техникӑлла интеллигенцин нацилле кадрӗсем ӳсрӗҫ. Республикӑри аслӑ шкулсенчен, техникумсенчен тата ытти шкулсенчен юлашки ултӑ ҫул хушшинче республика халӑх хуҫалӑхӗ валли 13 пин специалист ытла вӗренсе кӑларнӑ. Халӗ ҫав шкулсемпе техникумсенче 9 пин ҫынна яхӑн вӗренет. Культурӑпа ҫутӗҫ, медицина тата ача-пӑча учрежденийӗсен шучӗ ҫултан-ҫул ӳссе пырать.

Республика халӑх хуҫалӑхӗ ӳссе пынӑ вӑхӑтрах, унӑн уйрӑм отраслӗсем кая юлса пыраҫҫӗ. Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность чи кая юлнӑ участок пулса тӑрать. Пирӗн республикӑра РСФСР Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность министерствин кирпӗч завочӗсем пур, вӗсем пӗчӗккӗ, продукци нумай туса кӑлараймаҫҫӗ, строительство материалӗсем енӗпе ӳссе пыракан ыйтусене тивӗҫтерейместӗ. Кирпӗч тата чул ҫитменни промышленноҫа аталантарас ӗҫе, пурӑнмалли ҫуртсемпе коммунальнӑй предприятисем тумалли плана пурнӑҫлас ӗҫе чарса тӑрать. Анчах РСФСР Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность министерстви, ҫавӑн пекех тата РСФСР Госпланӗн работникӗсем ҫак промышленноҫа аталантарма пулӑшмаҫҫӗ. Унтан та ытларах, вӗсем РСФСР Министрӗсен Совечӗ Ивановӑри тата Шупашкарти кирпӗч завочӗсене урӑхлатса ҫӗнетес пирки 1949 ҫулхи декабрӗн 6-мӗшӗнче панӑ распоряжение пурнӑҫлама тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмаҫҫӗ. Ҫав заводсене пысӑклатмалли проектла заданисене халиччен те хатӗрлесе ҫирӗплетмен-ха.

РСФСР Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность министерствин Вӑрманкассинчи кирпӗч заводне лартмалли проектпа сметӑсене 1952 ҫулта туса пӗтермелле тата завода 1953 ҫулта тума тытӑнмалла пулнӑ. Ҫав завода туса пӗтерсен унӑн ҫулталӑкӗпех ӗҫлемелле, ҫулталӑкне 30 миллион кирпӗч туса кӑлармалла. Халӗ ҫакӑ паллӑ пулчӗ: асӑннӑ министерствӑн работникӗсем проектсемпе сметӑсене ҫулталӑк вӗҫленнӗ тӗле тин туса хатӗрлеме шутлаҫҫӗ, ҫакӑ вара халӑх хуҫалӑхӗн 1954 ҫулхи планӗнче ҫав завода лартма палӑртас ӗҫе чарса тӑма пултарать. Ҫакӑн пек ыйтма тивет: РСФСР Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность министерствипе РСФСР Госпланӗн работникӗсем мӗншӗн-ха РСФСР Министрӗсен Совечӗн решенийӗсене хӑйсемшӗн закон тесе шутламаҫҫӗ, вӗсем ҫав решенисене пурнӑҫламасан та юрать тесе шутлаҫҫӗ.

РСФСР Министрӗсен Совечӗнчен эпир РСФСР Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность министерствин ӗҫӗ ҫине тимлӗрех пӑхма, ҫав министерство аппаратӗнче государство дисциплинине ҫирӗплетме ыйтатпӑр. РСФСР Министрӗсен Совечӗнчен тата РСФСР строительство материалӗсем тӑвакан промышленность министрӗнчен эпир ҫывӑх вӑхӑтрах Вӑрманкассинчи кирпӗч заводне лартмалли проектпа сметӑсене хатӗрлесе ҫитерме мерӑсем йышӑнма тата ҫав строительствӑна 1954 ҫулхи плана кӗртме ыйтатпӑр.

Шупашкарти, Ивановӑри, Улатӑрти тата Канашри кирпӗч завочӗсене урӑхлатса ҫӗнетме, Куславккари чул кӑлармалли карьера пысӑклатма пире реальнӑй пулӑшу пани кирлӗ. 1954 ҫулта халӑх хуҫалӑхне аталантармалли планра ҫав предприятисене пысӑклатас тӗлӗшпе тумалли ӗҫсене палӑртма ыйтатпӑр.

Чӑваш АССР-ӗнче коммунальнӑй предприятисем, пурӑнмалли ҫуртсем, культурӑпа йӑла учрежденийӗсем тата администраци ҫурчӗсем лартма правительство кашни ҫулах укҫа-тенкӗ чылай парать. Анчах та строительство ӗҫӗсене тӑвакан тивӗҫлӗ организаци ҫук пирки ҫӗнӗ строительствӑн пысӑк пайне хуҫалӑхла майпа япах, пирӗн ҫӗршыври хӑватлӑ строительство техникипе усӑ курмасӑр туса пыраҫҫӗ. Ҫавна пула строительство ӗҫӗ вӑраха каять, строительство ӗҫӗсем хакла ларассӗ тата вӗсен пахалӑхӗ чакать.

РСФСР Пурӑнмалли ҫурт-йӗрпе гражданла строительство министерствине пӑхӑнса тӑракан Чӑвашстрой трест вӑйсӑр организаци пулса тӑрать. Унӑн халӗ те механизмсемпе оборудовани ҫителӗксӗр, строительство ӗҫӗсенче пулӑшакан производствӑлла база ҫук. Трестӑн пурӑнмалли ҫурчӗсем нумайӑшӗ юрӑхсӑра тухнӑ. РСФСР Пурӑнмалли ҫурт-йӗрпе гражданла строительство министерствинчен эпир Чӑвашстрой трестне тӗреклетме тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнма, ун валли механизмсем, оборудовани, транспорт хатӗрӗсем уйӑрса пама, ӑна нумайрах ӗҫ пама ыйтатпӑр. Кунпа пӗрлех тата трест рабочийӗсем, инженерсемпе техниксем валли икӗ общежити тата 24 хваттерлӗ пӗр ҫурт лартма укҫа пама палӑртма ыйтатпӑр.

Промышленность хӑвӑрт аталанса пынӑ май Чӑваш АССР столицинче — Шупашкар хулинче пурӑнакан халӑх йышӗ нумай ӳсрӗ. Ҫавна май хулана лайӑхлатса илемлетес ӗҫ уйрӑмах пысӑк пӗлтерӗшлӗ пулса тӑчӗ. Хула Совечӗн ҫуртсем юсакан кантур тата ҫул-йӗрсемпе кӗперсем тӑвакан кантур пур. Хӑйсем вӑйсӑррине пула, вӗсем халӑх хуҫалӑхӗн планӗнче кашни ҫулах палӑртакан строительство ӗҫӗсене пурнӑҫлама пултараймаҫҫӗ. Ку организацисем хӑйсен задачисене ҫителӗклӗ пурнӑҫласа пыраймаҫҫӗ. Правительство уйӑрса панӑ укҫа-тенкӗ усӑ курмасӑрах юлать, ҫакӑншӑн халӑх тӗрӗссипех пӑшӑрханать.

Хулана лайӑхлатса илемлетес тӗлӗшпе тумалли ӗҫсене пурнӑҫлас шутпа, эпир РСФСР Министрӗсен Советӗнчен тата РСФСР Коммунальнӑй хуҫалӑх министерствинчен Шупашкар хула Совечӗн исполкомӗ ҫумӗнче строительствӑпа юсав ӗҫӗсен трестне организацилеме, ҫав треста механизмсемпе оборудовани кирлӗ чухлӗ пама ыйтатпӑр. Ҫавӑн пек треста хальхи ҫуртсем юсакан кантурпа ҫул-йӗр тӑвакан кантурӑн никӗсӗ ҫинче тумалла. Ҫавӑн пекех тата Шупашкарта асфальтпа бетон завочӗ лартма палӑртма ыйтатпӑр.

Шупашкар хулинчи икӗ-виҫӗ урамра канализаци пекки пур. Хулана санитари тӗлӗшӗнчен таса тытса усрас ӗҫе лайӑхлатма, унта халех канализаци тӑвас ыйту тухса тӑчӗ. РСФСР Коммунальнӑй хуҫалӑх министерстви халӑх хуҫалӑхӗн 1954 ҫулхи планӗнче ҫав канализацие тума палӑртассине эпир шанса тӑратпӑр.

Правительство Улатӑр хулинче паротурбиннӑй электростанци лартма палӑртнӑ. Анчах РСФСР Коммунальнӑй хуҫалӑх министерствин айӑпӗпе ку электростанцие тума халиччен те тытӑнман-ха. Халӗ те хатӗрлев ӗҫӗсене ҫеҫ тӑваҫҫӗ. 1952 ҫулта министерство электростанци лартма укҫа уйӑрса панӑ, анчах техникӑлла документсем ҫук пирки ҫав укҫапа усӑ курман. Ҫав документсене министерство хӑй тытса тӑрать. Министерство техникӑлла документсене ҫывӑх вӑхӑтрах памасан, 1953 ҫулта та ку ӗҫ ҫаплипех юлма пултарать. РСФСР Коммунальнӑй хуҫалӑх министрӗнчен Сурин юлташран эпир Улатӑрти электростанцие тумалли техникӑлла документсене хатӗрлес ӗҫе васкатма тата строительствӑна пуҫлама ҫывӑх вӑхӑтрах чертежсен пӗр пайне те пулин ярса пама ыйтатпӑр.

Ҫакна палӑртма кирлӗ тесе шутлатӑп: СССР министерствисенчен хӑшпӗрисем, сӑмахран, ҫӑмӑл тата апат-ҫимӗҫ промышленноҫӗн, вӑрманпа хут промышленноҫӗн министерствисем пурӑнмалли ҫуртсем тата культурӑпа йӑла учрежденийӗсем лартас ыйтусем ҫине кирлӗ пек пӑхмаҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл республикӑри предприятисемшӗн йывӑрлӑх туса хурать. Уйрӑмах пирӗн условисенче, нумай предприятисене ҫӗнӗрен тунӑ ҫӗрте, пысӑк йывӑрлӑхсем пулаҫҫӗ. ССР Союзӗн Электростанцисемпе электропромышленность министерстви пирки эпӗ уйрӑмах чарӑнса тӑрасшӑн. Чӑваш республикинче ҫав министерствӑн завочӗ пур. Ку завод умӗнче ҫӗршывӑн халӑх хуҫалӑхне производствӑри ӗҫсене тата механизмсене ӗҫлеттерессине автоматизацилеме электроаппаратура туса парас енӗпе пысӑк задачӑсем тӑраҫҫӗ.

Ку заводӑн коллективӗ заданисене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫласа пырать. Анчах министерство ҫак малта пыракан предприяти ҫине сахал ҫаврӑнса пӑхать. Завод ҫурчӗсем, оборудовани, пурӑнмалли ҫуртсем, культурӑпа йӑла учрежденийӗсем хальхи требованисене тивӗҫтерме пултараймаҫҫӗ. Завод коллективӗн клуб ҫук. Министерство предприятие урӑхлатса ҫӗнетме тата пурӑнмалли ҫуртсем лартма палӑртнӑ пулсан, ҫав ӗҫсене пурнӑҫласси питех те вӑраха кайрӗ. ССР Союзӗн Электростанцисемпе электропромышленность министерствинчен эпир ҫак завод ҫине тимлӗрех пӑхма, завод ҫумӗнчи строительство организацине тӗреклетме, завода урӑхлатса ҫӗнетмелли плана, пурӑнмалли ҫуртсем тата культурӑпа йӑла учрежденийӗсен ҫурчӗсем лартмалли плана хӑвӑртрах пурнӑҫа кӗртме ыйтатпӑр.

Пирӗн ытти хӑшпӗр ӗҫсем те юлса пыраҫҫӗ, ҫитменлӗхсем те пур, ҫав ҫитменлӗхсене пӗтерес тӗлӗшпе эпир республикӑра хамӑр тума май килнӗ ӗҫсене пурне те тӑвапӑр.

Чӑваш республикинчи ӗҫҫыннисем, пӗтӗм совет халӑхӗ пекех, малашлӑх ҫине ҫирӗп шанса пӑхаҫҫӗ, халӑх хуҫалӑх планне тултарма мӗн кирлине пурне те тӑваҫҫӗ.

Кунта тухса каланӑ депутатсем РСФСР-ӑн 1953 ҫулхи бюджетне ҫирӗплетме сӗнчӗҫ. Эпӗ вӗсен сӗнӗвне ырлатӑп. Росси Федерацийӗн 1953 ҫулхи бюджечӗ ӑнӑҫлӑн пурнӑҫланас, ӑна иртлерсе тултарас пирки нимӗн иккӗленмелли те ҫук. Ҫапла пуласси ӗненсе тӑмалли шанӑҫ вӑл Коммунистсен партийӗн, Совет правительствин тата совет халӑхӗн ҫирӗп пӗрлӗхӗ. Ку пӗрлӗхе никам та пӑсма пултараймӗ. Совет Союзӗнчи халӑхсен тӑванла туслӑхне никам та пӑсма пултараймӗ. Ҫак туслӑх—таса та ҫирӗп. Чӑваш халӑхӗ малашне те аслӑ вырӑс халӑхӗпе тата ССР Союзӗнчи мӗнпур халӑхсемпе тытакан никам аркатайми туслӑха сыхласа усрассишӗн тата тӗреклетессишӗн тӑрӑшать.

Чӑваш республикинчи ӗҫҫыннисем, пӗтӗм совет халӑхӗпе пӗрле, Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе, партин XIX-мӗш съезчӗ лартнӑ задачӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫлассишӗн пӗтӗм вӑя хурӗҫ. (Аллӑ ҫупаҫҫӗ).

## РСФСР Финанс министрӗ И. И. Фадеев депутат юлашкинчен тухса калани

Депутат юлташсем! РСФСР Министрӗсен Совечӗ мана РСФСР Верховнӑй Советне ҫакӑн ҫинчен пӗлтерме хушрӗ: вӑл Верховнӑй Советӑн Бюджет комиссийӗ хушӑшсене ӳстерме тата РСФСР-ӑн 1953 ҫулхи Государство бюджетӗнчи расходсене кӑштах чакарма тӳрлетӳсем панипе килӗшет, вӗсене йышӑнни вырӑнлӑ пулать тесе шутлать. РСФСР Министрӗсен Совечӗ ҫавӑн пекех ҫапла пӗлтерме ыйтрӗ: депутатсем кӑтартса панисене тата вӗсем лартнӑ ыйтусене пурне те пӑхса тухаҫҫӗ, вӗсем ҫинчен тивӗҫлӗ решенисем йышӑнаҫҫӗ.

# Шупашкар районӗнчи колхозниксен пысӑк ҫитӗнӗвӗ

Пирӗн районти колхозниксем, механизаторсем тата ялхуҫалӑх специалисчӗсем, Сӗнтӗрвӑрри районӗнчи ялхуҫалӑх ӗҫченӗсемпе ӑмӑртаҫҫӗ. Социализмла обязательство йышӑнса, вӗсем кӑҫал тырпул тухӑҫлӑхне, выльӑх-чӗрлӗх йышӗпе унӑн тухӑҫлӑхне нумай ӳстерме тата государство умӗнчи парӑмсене пурне те вӑхӑтра парса татма сӑмах пачӗҫ.

Государствӑна тырӑ памалли плана пирӗн район кӑҫал августӑн 26-мӗшӗнче, пӗлтӗрхинчен 18 кун маларах, тултарчӗ. Хальхи вӑхӑтра районти колхозсем натуроплата тырри параҫҫӗ, обществӑлла тӗрлӗ фондсене тӑваҫҫӗ, выльӑх апачӗ хатӗрлеҫҫӗ. Колхозсем кӗрхи тырӑсене те пӗлтӗрхинчен лайӑхрах акса хӑварчӗҫ. Халӗ ялхуҫалӑх ӗҫченӗсем ҫуртрисене, техникӑлла культурӑсене часрах тата лайӑхрах пухса кӗртессишӗн тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ.

Государствӑна тырӑ памалли плана эпир районти колхозниксем, МТС механизаторӗсем, ялхуҫалӑх специалисчӗсем тӑрӑшса ӗҫленипе пурнӑҫларӑмӑр.

Районти парторганизаци тырпул пухса кӗртес ӗҫе куллен ертсе пырать. Колхозсенчи пуҫламӑш парторганизацисем, партилле-организацилле тата партилле-политикӑлла ӗҫе вӑйлатса, коммунистсен авангардла рольне ӳстерсе пычӗҫ. КПСС райкомӗ колхозри тата МТС-ри пуҫламӑш парторганизацисем ҫине таянса ӗҫлерӗ. Парти райкомӗпе пуҫламӑш парторганизацисем тырпул пухса кӗртме тухиччен коммунистсемпе комсомолецсене колхоз производствин ответлӑ участокӗсене ҫирӗплетрӗҫ. Тырпул пухса кӗртес ӗҫре коммунистсемпе комсомолецсен чи йывӑр та ответлӑ участоксенче пулчӗҫ.

Тырпул пухса кӗртнӗ тапхӑрта пуҫламӑш парторганизацисем политикӑлла-массӑлла ӗҫе уйрӑмах вӑйлатса пычӗҫ. Колхозниксемпе механизаторсем хушшинче 600 ҫын—коммунистсемпе комсомолецсем тата партире тӑман активистсем агитаторсем пулса ӗҫлерӗҫ.

Политикӑлла-массӑлла ӗҫе вӑйлатни колхозниксен массисене вӗсӗмсӗр хавхалантарса пыма пулӑшрӗ, ҫапла вара ӗҫ тухӑҫлӑхӗ куллен-кун ӳссе пычӗ.

Государствӑна срокчен тырӑ парса татассишӗн пыракан ӑмӑрту уйрӑмах «Красный флот», «1-ое Мая», «Серп и молот», «Коминтерн», Калинин ячӗпе, Кадыков ячӗпе, Хрущев ячӗпе, Крупская ячӗпе, Каганович ячӗпе, Буденный ячӗпе тӑракан колхозсенче вӑйлӑн сарӑлса пычӗ.

Нумай пуҫламӑш парторганизацисем тырӑшӑн кӗрешес ӗҫре хӑйсен организаторла рольне ӳстерчӗҫ. Ку тӗлӗшпе нумай тӗслӗхсем кӑтартса пама пулать. Крупская ячӗпе тӑракан колхозри парторганизацири коммунистсенчен кашниех чи ответлӑ участоксенче ӗҫлеҫҫӗ. Парторганизаци секретарӗ Егоров юлташ транспорт бригадине ертсе пычӗ.

Тырпул пухма тухсанах парторганизаци политикӑлла-массӑлла ӗҫе анлӑн сарса ячӗ, уй-хир бригадисен социализмла ӑмӑртӑвне йӗркелерӗ. Парторганизаци ӗҫе ҫапла йӗркелени Крупская ячӗпе тӑракан колхоза государствӑна тырӑ памалли плана срокчен тултарма пулӑшрӗ. Халӗ ҫак колхоз кӗлте турттарса капана хывас тата тырӑ ҫапас ӗҫсене ӑнӑҫлӑ туса пырать.

«Красный флот» колхоз (председателӗ Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн депутачӗ Григорьев, пуҫламӑш парторганизаци секретарӗ Гаврилов юлташсем) тырпул пухса кӗртме малтанах аван хатӗрленчӗ. Правленипе пуҫламӑш парторганизаци мӗнпур ӗҫсене тӗплӗ хатӗрленӗ план тӑрӑх туса пычӗҫ. Колхозӑн ӗҫ планне кашни колхозник лайӑх пӗлсе тӑчӗ.

Пуҫламӑш парторганизаципе агитколлектив артель членӗсен ӑмӑртӑвне куллен ертсе пычӗҫ. Агитколлектив агитаторсене уйрӑм участоксенче ӗҫлекен колхозниксем хушшинче политикӑлла-массӑлла ӗҫ тума вӑхӑтра вырнаҫтарса тухрӗ. Агитаторсем политикӑлла ӗҫе куллен-кун вӑйлатса пычӗҫ, колхозниксен массисене пысӑкрах ӳсӗмсем тума хавхалантарчӗҫ.

Артель членӗсем тырпул пухса кӗртес ӗҫе малтанхи кунах хастарлӑ тытӑнчӗҫ, малашне вара ӗҫ хӑвӑртлӑхне тата ытларах ӳстерсе пычӗҫ. Ҫапла вара «Красный флот» артель членӗсем государство умӗнчи тивӗҫе срокчен чылай малтан пурнӑҫларӗҫ—тырӑ памалли плана тултарчӗҫ, тырпула кӗске срокра тата пысӑк пахалӑхпа вырса кӗртрӗҫ. Колхозниксем авӑн ҫапас, вӑрлӑх хывас тата ытти ӗҫсене те хастарлӑ туса пыраҫҫӗ.

Государствӑна срокчен тырӑ парса татас ӗҫре комсомол организацийӗсем те пысӑк пулӑшу парса тӑчӗҫ. Районти 30 колхозра государствӑна тырӑ леҫес тӗлӗшпе комсомолецсемпе ҫамрӑксенчен йӗркеленӗ бригадӑсем ӗҫлерӗҫ. Тырӑ турттарас енӗпе уйрӑмах Ильич ячӗпе тӑракан, «Гвардеец», Кадыков ячӗпе, Киров ячӗпе тӑракан колхозсенчи комсомолецсемпе ҫамрӑксем хастарлӑ ӗҫленипе палӑртмалла. Комсомол организацийӗсем ҫамрӑксен производствӑри активлӑхне тӑтӑшах вӑйлатса пычӗҫ.

Тырпул пухса кӗртес тата государствӑна тырӑ парса татас тӗлӗшпе машина-трактор станцийӗ ӑнӑҫлӑ ӗҫлерӗ. Пирӗн МТС паркӗ нумай пысӑкланчӗ, ҫӗнӗ механизмсем хушӑнчӗҫ. Тырпул пухса кӗртме тухас умӗн кӑна пирӗн МТС-а ҫӗнӗрен 9 самоходнӑй комбайн панӑ.

Калас пулать, пирӗн машина-трактор станцийӗ кадрсем хатӗрлес тӗлӗшпе те чылай ӗҫсем турӗ. МТС-ри механизаторсем хушшинче пултарулӑ комбайнерсемпе трактористсем ӳссе ҫитӗнчӗҫ. Вӗсем кӑҫалхи хӗрӳ тапхӑрта та, ытти чухнехи пекех хӑйсен пултарулӑхне аван палӑртрӗҫ. Механик-комбайнерсем Бодров, Тихонов, Иванов, Евлампьев юлташсем самоходнӑй комбайнсемпе 250 гектартан пуҫласа 350 гектар таран вырчӗҫ. Тракторпа ӗҫлемелли молотилкӑсен машинисчӗсем авӑн ҫапнӑ ҫӗрте стахановла ӗҫлеҫҫӗ. МТС механизаторӗсем ытти ӗҫсенче те колхозсене пысӑк пулӑшу параҫҫӗ.

СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ тата СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ Г. М. Маленков юлташ сессире тухса калани колхозниксене хытӑ хавхалантарчӗ. Сесси материалӗсемпе Г. М. Маленков юлташ каланӑ сӑмаха вӗреннӗ май колхозниксен ӗҫри хастарлӑхӗ тата ытларах вӑйланса кайрӗ. Колхозниксемпе механизаторсем стахановла вахтӑна тӑчӗҫ. Вӗсем тырпул пухса кӗртес, авӑн ҫапас, государствӑна тырӑ парас ӗҫе вӑйлатса пычӗҫ.

СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ ячӗпе пуҫарса янӑ социализмла ӑмӑрту пысӑк ӳсӗмсем тума май пачӗ. Сӑмахран, августри иккӗмӗш пиллӗккунлӑхра колхозниксем 9.000 центнер тӗштырӑ государство складне леҫсе пачӗҫ.

КПСС райкомӗпе райсовет исполкомӗ пуҫарнипе государствӑна тырӑ памалли плана тултарас тӗлӗшпе темиҫе воскресник ирттернӗ. Воскресниксене ӑнӑҫлӑ ирттерме пире Шупашкар хулинчи парторганизаци, предприятисемпе хуҫалӑх организацийӗсем пысӑк пулӑшу пачӗҫ. Шупашкар хулинчен пынӑ вуншар автомашинӑсемпе пирӗн районти колхозсенчен государство складне тырӑ турттарчӗҫ. Сӑмахран, августӑн 9-мӗшӗнче ирттернӗ воскресникре Шупашкарти предприятисенчен пынӑ 25 автомашинӑпа усӑ курнӑ. Ҫак кун пурӗ 200 тонна ытла государствӑна тырӑ леҫсе панӑ.

Шоферсенчен Илларионовпа Терентьев юлташсем лайӑх ӗҫленипе палӑртмалла. Вӗсем кунсерен 4—5 рейс туса колхозсене тырӑ турттарас ӗҫре чылай пулӑшрӗҫ.

Пирӗн районти ӗҫҫыннисем хӑйсен сӑмахне пурнӑҫларӗҫ, пӗрремӗш тивӗҫе — государствӑна тырӑ памалли плана срокчен тултарчӗҫ. Ялхуҫалӑх ӗҫченӗсем государствӑна тырӑ парас тӗлӗшпе тунӑ ӳсӗмсемпе лӑпланмаҫҫӗ. Вӗсем хӑйсен ӗҫри хастарлӑхне ӳстерсе пыраҫҫӗ. Колхозниксемпе ялхуҫалӑх механизаторӗсем мӗнпур тырпула пухса кӗртес, авӑн ҫапса пӗтерсе вӑрлӑх хатӗрлесе ҫитерес, выльӑх-чӗрлӗх валли апат тата ҫуртсем хатӗрлес тӗлӗшпе пӗтӗм вӑйран тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ. Районти парторганизаци ялхуҫалӑх ӗҫченӗсен ӑмӑртӑвне малалла вӑйлатса пырать.

СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗн решенийӗсемпе хавхаланса ӗҫлекен колхозниксем ялхуҫалӑхӗнчи мӗнпур ӗҫсене ӑнӑҫлӑ вӗҫлессишӗн ырми-канми кӗрешӗҫ, социализмла ӑмӑртура пысӑкрах ӳсӗмсем тӑвӗҫ.

**М. ЗАЙЦЕВ,**
**КПСС Шупашкар райкомӗн секретарӗ.**

# Строительство ӗҫне тӗпрен лайӑхлатмалла

Партин XIX-мӗш съездне туса панӑ отчетлӑ докладра Маленков юлташ ҫапла каланӑ: «...перекетлӗх режимне уйрӑмах строительствӑра начар тытса пынипе палӑртмалла. Строительство пире ҫаплах хакла ларать-ха. Строительсем производство тӑкакӗсене чакарас тӗлӗшпе промышленноҫра ӗҫлекенсенчен чылай кая юлса пыраҫҫӗ. Строительство ӗҫӗсене организацилес ҫӗрте пысӑк ҫитменлӗхсем пур — механизаци хатӗрӗсемпе ҫителӗксӗр усӑ кураҫҫӗ, ӗҫ тухӑҫлӑхӗ пӗчӗккӗ, материалсене хуҫасӑрла расходлаҫҫӗ, накладной расходсем ытла та пысӑк. Капитальнӑй строительство ӗҫӗнче вӑйсемпе укҫа-тенке нумай йышлӑ строительство организацийӗсем тӑрӑх сапалантарса яни пысӑк ҫитменлӗх пулса тӑрать. Вӗсем хушшинче механизмсемпе тивӗҫлӗ усӑ курман строительствӑн вак организацийӗсем нумай. Ҫаксем пурте строительство ӗҫӗсем хакланасси патне, администрацине управлени аппаратне пысӑклатасси патне, пысӑк накладной расходсем патне илсе пыраҫҫӗ».

Строительство ӗҫӗсене организацилес тӗлӗшри ҫав ҫитменлӗхсене пирӗн республикӑри строительсем питӗ вӑраххӑн пӗтерсе пыраҫҫӗ. Капитальнӑй строительство планӗ тулса пымасть. Акӑ, кӑҫалхи ҫур ҫулхи плана, республикипе илес пулсан, 32,6 процент, вӑл шутран строительствӑпа монтаж ӗҫӗсем енӗпе 29,2 процент кӑна тултарнӑ.

Сӗмӗрлери сӗтел-пукан тӑвакан комбинат уйрӑмах юлса пырать. Июнӗн 1-мӗшӗ тӗлне строительство планне вӑл 8,4 процент анчах тултарнӑ. Строительство ӗҫӗсем «Большевик» заводра та, ялхуҫалӑх институчӗн ҫуртне тунӑ ҫӗрте те, Элӗкри сӗт-ҫу-кантӑр заводне лартнӑ ҫӗрте те ҫителӗксӗр сарӑлса пыраҫҫӗ. Шкул тата республика больница ҫурчӗсене лартасси юлса пынине палӑртмалла.

Строительство юлса пынишӗн чи малтан подряд илекен организацисем айӑплӑ, мӗншӗн тесен вӗсем республикӑри строительствӑпа монтаж ӗҫӗсене 70 процент ытла пурнӑҫлаҫҫӗ. Пӗллах, заказчиксем те ответ тытма тивӗҫ. Анчах вӗсем ӗҫ хӑй тӗллӗнех пулса пырасса шанса лараҫҫӗ пулас, подряд илекен организацисен ӗҫӗсене тӗрӗслесе тӑмаҫҫӗ, заказсене вӑхӑтра пурнӑҫламалла тӑвассишӗн питӗ ҫителӗксӗр кӗрешеҫҫӗ.

Иртнӗ ҫур ҫулта строительствӑпа монтаж ӗҫӗсен планне пӗр строительство организацийӗ те тултарман. Сул-йӗр министерствин Канашри строительство кантурӗ, «Мебельстройӑн» строительствӑпа монтаж управленийӗ уйрӑмах япӑх ӗҫлеҫҫӗ. Сӗмӗрлери сӗтел-пукан комбиначӗ ҫав управлени валли техникӑлла документаци вӑхӑтра хатӗрлесе паман, ҫавна май строительство валли укҫа нумай вӑхӑт хушши памасӑр тӑнӑ, ҫавӑн пиркиех строительство материалӗсем те хатӗрлеме май килмен.

Проектпа смета документацийӗ пулманни 11-мӗш номерлӗ «Легпромстрой» трестӗн ӗҫне те хытӑ чӑрмантарнӑ. Кунта пурӑнмалли ҫӗнӗ ҫуртсем, ача сачӗ, ҫавӑн пекех ытти чылай объектсене тума проектпа смета документацийӗ июнӗн 1-мӗшӗ тӗлне те хатӗр пулман. Заказчик вара (Шупашкарти пир-авӑр комбиначӗн руководителӗсем) ҫав документацие хатӗрлесе парассишӗн ответлӑха туймасӑр пурӑннӑ.

Строительство ӗҫӗсен планӗ ытла та ҫителӗксӗр тулса пынин тӗп сӑлтавӗсенчен пӗри вӑл механизмсемпе ҫителӗксӗр усӑ курни пулать. Ҫӗр чавассине, сӑрӑ сӑрлассине, штукатурка тӑвассине пур ҫӗрте те тенӗ пекех ал вӗҫҫӗн ытларах тӑваҫҫӗ. Акӑ, «Чувашстрой» тресчӗ ҫур ҫул хушшинче 5.517 кублӑ метр чухлӗ ҫӗр ӗҫӗ тунӑ, ӑна пӗтӗмӗшпех ал вӗҫҫӗн пурнӑҫланӑ.

Ӗҫе тӗрӗс организацилесен, ҫӗр чавмалли машинӑсем ҫителӗклӗ. Анчах ҫав механизмсемпе начар ӗҫлеҫҫӗ.

11-мӗш номерлӗ «Легпромстрой» трестне илсе пӑхӑпӑр. Кунта ҫӗр чавакан машинӑсем пӗтӗм хӑватпа ӗҫлемеҫҫӗ, икӗ сменӑпа ӗҫлессине организацилесе ҫитермен. Сӑмахран, самосвалсем вӑхӑтра парса тӑман пирки тракторопогрузчик ҫурри ытла ахаль тӑрать. Ҫав хушӑрах икӗ сменӑпа ӗҫлесен, тухӑҫлӑха нумай ӳстерме май пур. Ҫӗр чавакан машинӑсем горючи ҫуккипе ахаль тӑнине палӑртмалла. Горючие ӗҫленӗ ҫӗре турттарса пымаҫҫӗ, ӑна илме ҫӗр чавакан машинӑсемпе хӑйсемпе склада каяҫҫӗ. Ку вӑл ӗҫ тухӑҫлӑхне, паллах, чакарать. Кунсӑр пуҫне тата горючи илме кайнӑ вӑхӑтра самосвалсен те ахалех тӑма тивет.

Механизмсемпе япӑх усӑ курнине ҫак тӗслӗхсем те аван кӑтартса параҫҫӗ: 11-мӗш номерлӗ «Легпромстрой» трестӗнчи башеннӑй кранӗсемпе ӗҫ нормине 18 процент, экскаваторсемпе—49 процент ҫеҫ тултараҫҫӗ. «Чувашстрой» трестӗнче растворонасоссемпе пачах япӑх усӑ кураҫҫӗ, вӗсемпе ӗҫ нормине пӗтӗмпе те 2,4 процент кӑна тултарса пыраҫҫӗ.

Строительство механизмӗсене ним ӗҫлеттермесӗр тӑни пысӑк ҫитменлӗх пулать. «Чувашстрой» трестӗнчи 8 транспортер иртнӗ ҫур ҫулта 1.720 сехет ӗҫленӗ, ҫав вӑхӑтрах 4.765 сехет ахаль тӑнӑ. 11-мӗш номерлӗ «Легпромстрой» трестӗнче бетон хутӑштаракан механизмсемпе нумай вӑхӑт хушши ӗҫлемен. Руководительсем ӗҫ пулман теме пӑхаҫҫӗ, анчах ку вӑл тӗрӗс мар. Кунта механизмсемпе усӑ курассине — хакламанни палӑрать.

Калас пулать, ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли плана нумай строительство организацийӗсемпе предприятийӗсем тултараймаҫҫӗ. «Мебельстройӑн» строительствӑпа монтаж управленийӗнче ку тӗлӗшпе ӗҫсем уйрӑмах начар. Июнь уйӑхӗнче кунти кашни рабочи ӗҫ нормине вӑтам шутпа 47,4 процент кӑна тултарнӑ. «Росмаслостройӑн» строительствӑпа монтаж управленийӗнче те, «Чувашлесдрев» трестӗнче те, «Большевик» заводра та ку енӗпе ӗҫсем ҫавӑн майлах.

Ҫав строительство организацийӗсенче ӗҫлекен рабочисенчен нумайӑшӗ ӗҫ нормине тултараймаҫҫӗ. Акӑ, «Мебельстройӑн» строительствӑпа монтаж управленийӗнчи 149 рабочирен 95 рабочи иккӗмӗш кварталта нормӑна тултарайман. «Росмаслостройӑн» строительствӑпа монтаж управленийӗнче ӗҫ нормине тултарман рабочисен хисепӗ 65 процентран та иртет.

Рабочисем ӗҫ нормине тултарса пырайманнишӗн стройкӑсемпе предприятисен руководителӗсем айӑплӑ. Вӗсем рабочисен ӗҫне кирлӗ пек организацилеме тӑрӑшмаҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл уйрӑмах хӗллехи вӑхӑтра хытӑ сисӗнет. Сӑмахран, «Росмаслостройӑн» строительствӑпа монтаж управленийӗнче (начальникӗ Линев юлташ, главнӑй инженерӗ Шумилов юлташ) рабочисене нормӑсем ҫинчен те каласа кӑтартман. Малта пыракан рабочисен меслечӗсене сармаҫҫӗ, социализмла ӑмӑрту организацилеме асӑ та илмеҫҫӗ.

Механизмсемпе кирлӗ пек усӑ курманни, рабочисен ӗҫне япӑх организацилени строительствӑпа монтаж ӗҫӗсен хакне ӳстерсе ярать. «Чувашстрой» тресчӗ енӗпе кӑҫалхи ҫур ҫул хушшинче строительство ӗҫӗсен хакӗ планпа пӑхнинчен 380 пин тенкӗ иртсе кайнӑ. Ку вӑл ӗҫ укҫи ытлашши расходланипе, механизмсене эксплуатацилеме укҫа-тенке перекетсӗр тӑкакланипе, накладной расходсем нумай пулнипе тата ытти ҫавӑн евӗрлӗ сӑлтавсене пула ҫавӑн пек пулса тухнӑ.

Строительствӑпа монтаж управленийӗсем чылайӑшӗ ҫулсерен убыток кӳреҫҫӗ. Вӑл шута чи малтан 11-мӗш номерлӗ «Легпромстрой» трестне кӗртмелле.

СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗнче Г. М. Маленков юлташ пӗтӗм совет халӑхне коммунизм строительствинче ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тӑвассишӗн тата та хавхаланарах ӗҫлеме чӗнсе каларӗ. Строительсем ӗҫҫыннисен тӑтӑшах ӳссе пыракан ыйтӑвӗсене тивӗҫтерес тӗлӗшпе паллӑ вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ. Пирӗн республикӑри строительсем хӑйсем умӗнче тӑракан задачӑсене пурнӑҫлассишӗн, строительство ӗҫӗсем кая юлса пынине пӗтерессишӗн — пӗтӗм вӑя хурса кӗрешме тивӗҫ.

**П. ПЛАТОНОВ.**

# Берлинри митинг

БЕРЛИН, августăн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Берлинра, Маркспа Энгельс ячĕпе чĕнекен площадьре, Берлин халăхĕн митингĕ пулчĕ. Унта Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ О. Гротеволь тата премьер-министр заместителĕ В. Ульбрихт Совет Правительствипе Демократиллĕ Германи Республикин Правительство делегацийĕ хушшинче Мускавра пулнă калаçусен результачĕсем çинчен сăмах тухса каланă.

Митинга çĕр пин çын ытла пухăннă. Берлинăн Демократиллĕ секторĕнчи ĕçсынисем, çавăн пекех Берлинăн хĕвеланăçĕнчи секторĕсенчи ĕçсынисем митинга ялавсемпе пынă. Вĕсем Германипе мирлĕ договор тума чĕнекен, пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман, демократиллĕ, мире юратакан Германи государстви тăвассишĕн, Европăра тата пĕтĕм тĕнчере мирлĕ пурнăç тăвассишĕн кĕрешме чĕнекен лозунгсем çĕклесе пынă.

Çак питĕ пысăк митинга пухăннă çынсем Демократиллĕ Германи Республикин правительство членĕсене тата Правительствăн Мускавра Совет Правительствипе калаçусем иртернĕ çĕрте пулнă делегацийĕн членĕсене хĕрӳллĕ саламланă.

Демократиллĕ Германи Республикинчи нациллĕ фронт совечĕн председателĕ Коррейс профессор премьер-министр О. Гротеволе сăмах панă.

Берлинри халăхăн çак митингĕ Германи халăхĕ нациллĕ пĕрлĕхе демократиллĕ тата мирлĕ никĕс çинче тума шутланине, Европăри тата пĕтĕм тĕнчери миршĕн тăнине кăтартса пани пулать, тенĕ Гротеволь.

Унтан вăл митинга пухăннă çынсене Демократиллĕ Германи Республикин Правительство делегацийĕпе Совет Правительстви калаçусем вăхăтĕнче Мускавра йышăннă тĕп решенисем çинчен каласа панă.

Вăл Демократиллĕ Германи Республикин вăрçăпа сыхăннă финанспа экономикăллă обязательствине çăмăллатас тĕлĕшпе чылай мерăсем йышăнмалла туни çинчен тĕплĕн каласа кăтартнă. Çавăн пек мерăсене пурнăçласси çинчен Совет правительствипе килĕшӳ тунине пула Демократиллĕ Германи Республики 13 миллиард марка ытла перекетлеме пултарать.

Унтан Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министр заместителĕ Вальтер Ульбрихт тухса каланă. Вăл пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварассишĕн тата тĕреклетессишĕн кĕрешес ĕçре Германи халăхĕ пысăк ответлă пулнине уйрăмах палăртнă.

Демократиллĕ Германи Республикинчи демократиллĕ строй çирĕп те вăйлă пулнине палăртса, Вальтер Ульбрихт нимĕç патриочĕсене, Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕçсынисен çитĕнĕвĕсем тата аслă Совет Союзĕ Германи халăхне паракан пулăшу çине таянса, Хĕвеланăç Германири халăха Бонри правительствăн халăха хирĕçле политикине пĕтерсе лартас, çапла майпа демократиллĕ никĕс çинче Германие çĕнĕрен пĕр государство туса хурас тĕллевпе пĕтĕм Германипе килĕшӳ тумалли çула тасатас ĕçре пулăшма чĕннĕ.

Митингра СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков патне ямалли телеграммăна пĕр шухăшлă пулса йышăннă. Телеграммăра Берлин халăхĕ Совет Правительствин 1953 çулхи августăн 15-мĕшĕнчи нотинче Германие мирлĕ майпа пĕрлештерес пирки панă конкретлă сĕнӳсене, СССР Правительствипе Демократиллĕ Германи Республикин Правительство делегацийĕ хушшинче Мускавра пулнă калаçусем вăхăтĕнче йышăннă килĕшӳсене ырлани çинчен каланă.

# Францири демократиллĕ вăйсен çĕнтерĕвĕ

## Демократиллĕ деятельсене ирĕке кăларнă

ПАРИЖ, августăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Франци конституцире каланă ирĕклĕхсемшĕн кĕрешекен демократсемпе патриочĕсем çĕнĕ çĕнтерӳ тунă. Паян, Париж сучĕн следстви палатин решенийĕ тăрăх, тĕрмере нумай вăхăт хушши хупса усранă çынсене ирĕке кăларнă: Пĕтĕмĕшле ĕç Конфедерацийĕн генеральнăй секретарĕ Ален Ле Леап, Францири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕ Люсен Молино, «Юманите» хаçатăн ответлă редакторĕ Андрэ Стиль, Франци республикин çамрăкĕсен союзĕн секретарĕ Ги Дюколоне, Франци республикин çамрăкĕсен союзĕн Наци бюровĕн членĕ Поль Лоран ирĕке тухнă.

Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Париж сучĕн следстви палатин решенийĕнче Францин çак патриочĕсене вăхăтлăха тăрмерен кăларни çинчен каланă.

Çак патриотсене «Государствăн хăрушсăрлăхĕ çине тапăннăшăн» айăплама хăтланнă. Ку патриотсене ирĕке кăларассишĕн юлашки кунсенче Францири мĕнпур демократсемпе пĕрле забастовка тăвакан ĕçсынисем кĕрешнĕ.

Следстви палатине çак кунсенче асăннă çынсене ирĕке кăларма ыйтса çырнисем нумай пынă, кун пек требованисене забастовка тăвакан железнодорожниксем, почта работникĕсем, шахтерсем, металлистсем çырса янă.

Парижри демократиллĕ общественность прогрессивлă пилĕк деятеле ирĕке кăларнине Францири реакцин планĕсем—Франци халăхĕн конституцире çырса хунă ирĕклĕхсене хӳтĕлессишĕн тата Франци çĕнĕрен никама пăхăнман çĕршыв туса хурассишĕн кĕрешекен коммунистсен партийĕпе ытти организацисен ĕçĕсене чарса лартас тĕлĕшпе тунă плансем — путлански ларни тесе хаклать.

Демократиллĕ деятельсем тĕрмерен тухсан, вĕсене Парижри ĕçсынисем савăнса кĕтсе илнĕ.

# *Иранри лару-тăру*

ТЕГЕРАН, августăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). «Кейхан» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Иранри полиципе çар влаçĕсем августăн 23-мĕшĕ тĕлне 200 çын ытла тытса хупнă. Мосаддыка тата вăл ертсе пынă правительствăн членĕсене, меджлисри «Наци юхăмĕ» фракцийĕн членĕсене, çарпа полици офицерĕсене, çавăн пекех тата Мосаддык майлă тăракан ытти çынсене арестленĕ.

ТЕГЕРАН, августăн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Эттелаат» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, августăн 24-мĕшĕнче Кермане хулинче вăрçă чухнехи пек йĕрке туса хунă.

«Марде Асия» хаçат çакăн çинчен пĕлтерет: Захеди генерал хушнă тăрăх, Мосаддыка халиччен хупса усранă çĕртен—офицерсен клубĕнчен полицин тĕп управленийĕ çумĕнчи тĕрмене куçарнă.

### ТАИЛАНДРА ШЫВ ТУЛНИ ПЫСĂК ИНКЕК КӲНĔ

БАНГКОК, августăн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Бангкок трибюн» хаçат çапла пĕлтерет: Таиландăн кăнтăрти провинцийĕнче — Канченабурире шыв нумай тулнипе 1.500 çурт арканнă, 4 пин çын ытла шыва путнă. Рис акнă нумай хирсене пысăк сиен пулнă. Шыв тулнинчен Ратбури тата Накорн Патом провинцийĕсем те инкек курнă.

# *Совет шахматисчĕсем США шахматисчĕсем патне янă çыру*

Пĕтĕм Союзри шахмат секцийĕ тата совет шахматисчĕсем чылайăшĕ США шахматисчĕсем патне çакăн пек çыру янă:

**АМЕРИКĂРИ ШАХМАТ ФЕДЕРАЦИНЕ ФЕДЕРАЦИ ПРЕЗИДЕНТНЕ ФИЛИППС ГОСПОДИНА США ШАХМАТ КОМАНДИН УЧАСТНИКĔСЕНЕ**

**гроссмейстер С. Решевский, Р. Файн господинсене, тĕнчери шахмат мастерĕсене Л. Эванс, Г. Краммер, И. Горовитц, А. Денкер, М. Павей, Д. Бирн, А. Бизгейер, Р. Бирн господинсене.**

Хисеплĕ господин-президент, господинсем!

Пĕтĕм Союзри шахмат секцийĕ тата çакăнта алă пуснă Совет шахматисчĕсем сирĕн пата кăçалхи июлĕн 15-мĕшĕнче Нью-Йоркра США-па СССР шахмат командисем хушшинче иртерме палăртнă матч пулма пултарайман пирки çыраççĕ.

Пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ, совет шахматисчĕсен командин США-на кайма тухсан Парижран каялла Мускава таврăнмалла пулчĕ, мĕншĕн тесен, çул çинче паллă пулнă тăрăх, совет шахматисчĕсем валли США-ра пулма килĕшме çук йĕркесĕр условисем туса хума хатĕрленнĕ.

Эпир сире, господин президент, тата Америкăри шахмат федерацине матч иртерес тата СССР шахматисчĕсем валли США-ра пулнă чухне йĕркеллĕ условисем туса пама тăрăшнăшăн хав таватпăр. Çавăнпа пĕрлех тата çак интереслĕ ăмăрту пулма пултарайман пирки пăшăрханатпăр.

ССР Союзĕпе США шахматисчĕсем хушшинчи туслăха çирĕплетес тата шахмат искусствине аталантарас тĕллевпе эпир сире Америкăпа Совет шахматисчĕсем хушшинче малтан иртерме палăртнă ăмăртăва Мускав хулинче 1953 çулхи ноябрь уйăхĕнче е икĕ командăшăн та лайăххах пулакан урăх вăхăтра иртерме сĕнетпĕр.

Çак çырăва эпир США шахмат командине Совет Союзне килме официальнăй йĕркепе чĕнни вырăнне хума тата СССР командипе тĕл пулса выляма чĕнни вырăнне хума ыйтатпăр.

Сирĕн ответа кĕтсе сире хисеплекен

**В. Виноградов**—Пĕтĕм Союзри шахмат секцийĕн председателĕ; **М. Ботвинник**—тĕнче тата СССР чемпионĕ (гроссмейстер); **П. Керес** (гроссмейстер); **В. Смыслов** (гроссмейстер); **И. Болеславский** (гроссмейстер); **А. Котов** (гроссмейстер); **Е. Геллер** (гроссмейстер); **А. Толуш** (гроссмейстер); **Ю. Авербах** (гроссмейстер); **Г. Петросян** (гроссмейстер); **В. Рагозин** (гроссмейстер), Пĕтĕм тĕнчери шахмат федерацийĕн вице-президенчĕ; **И. Бондаревский** (гроссмейстер); **М. Тайманов** (гроссмейстер).

## Америка çар влаçĕсем тăван çĕршыва таврăнма тăрăшакан çынсене хăратаççĕ

ПЕКИН, августăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран Корея Халăх çарĕн тăван çĕршыва таврăннă салтакĕ Нам Ун Цун каласа пани çинчен пĕлтерет. Нам Ун Цун Америка çар влаçĕсем тыткăнри çар çыннисене тĕрлĕ майсемпе хăратса Кăнтăр Корейăра юлма хĕтĕртни çинчен каласа панă.

Августăн 22-мĕшĕнче Нам Ун Цуна, Кочжедо утравĕ çинчи 2-мĕш лагерьти ытти салтаксемпе пĕрле, тыткăнри çар çыннисене улăштарса илмелли пункта илсе каймалла пулнă. Çакăн умĕн вĕсене Ли Сын Ман салтакĕсем лагерьти инçетри вырăна илсе кайнă. Кунта Америка офицерĕсемпе салтакĕсем тата Ли Сын Ман офицерĕсемпе салтакĕсем пулнă.

Вĕсем тыткăнри çар çыннисене икĕ ушкăна уйăрма хушнă. Кун хыççăн салтаксем вĕсене хирĕç винтовкăсемпе тĕллеме пуçланă. Ли Сын Ман офицерĕ: «Ку ĕнтĕ сирĕн юлашки май. Сывă юлас тетĕр пулсан, Кăнтăр Корейăра юлăр!» тенĕ. Анчах тыткăнри çар çыннисем татăклăн хăйсене тăван çĕршыва яма ыйтнă, «Эпир хамăрăн тăван çĕршыва таврăнасшăн», тенĕ вĕсем. Çакăн хыççăн Ли Сын Ман офицерĕ: «Эпĕ сире шухăшлама икĕ минут вăхăт паратăп», тесе кăшкăрса пăрахнă.

Хăратнинчен те ĕç тухманнине кура, Америкăпа Ли Сын Ман çар влаçĕсен вĕсене ирĕксĕрех хăйсен тăван çĕршывне ăсатмалла пулнă.

## Тыткăнран таврăннă çар çыннисене тĕрĕслеççĕ

БЕРЛИН, августăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Бонран çапла пĕлтерет:

Ĕçе лайăх пĕлсе тăракан Америка журналисчĕсем хушшинче çакă паллă пулса тăнă: Америкăна хирĕçле ĕçсене йĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен яланхи комитет председателĕ Маккарти США çар министерствине Çурçĕр Корейăран таврăнакан тыткăнри çар çыннисем тĕлĕшĕнчен комитет шучĕпе туса иртермелли майсем çинчен сĕнӳ тăратнă.

Маккарти сĕнĕвĕнче çапла каланă: Америка салтакĕсем тата офицерĕсем тыткăнран тухнă хыççăн каялла çара е хăйсен çемйине таврăнни, çавăн пекех тата вĕсем Корейăри ĕçсем çинчен каласа пани США-ра правительствăна хирĕçле шухăшсем сарма пултарать. Маккарти çар министерствине США е Япони территорийĕнче карантин лагерĕсем туса хума сĕнет. Çак лагерьсенче тыткăнран таврăнакан Америка офицерĕсемпе салтакĕсене, вĕсем политика тĕлĕшĕнчен мĕнле шухăшлă çынсем пулни çинчен допрос туса пĕлме тытса усрамалла. Тыткăнра пулнă çар çыннисене çак лагерьсенче темиçе уйăх хушши çĕнĕлле воспитани памалли программăна «вĕренсе тухнă» тата Америкăна хирĕçле ĕçсене йĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен яланхи комитет представителĕ ертсе пынипе ĕçлекен комисси çак çар çыннисем политика тĕлĕшĕнчен шанчăклă пулнине палăртнă хыççăн кăна кăларса ямалла.

## Совет катерне нимĕнле сăлтавсăр тытса чарнă

ШАНХАЙ, августăн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Япони хаçачĕсем пĕлтернĕ тăрăх, Японин тинĕсри хуралĕ Совет катерне тата унăн 4 çынтан тăракан командине, Япони шывĕсем çине юри пырса кĕнĕ тесе, тытса чарнă.

Тытса чарнă совет катерĕ—Государствăн Хĕвелтухăç Сахалинри пулă тресчĕн катерĕ. Вăл августăн 8-мĕшĕпе 9-мĕшĕ хушшинче çĕрле Совет çĕршывĕн пулă тытакан, çухалнă суднине шырама тухса кайнă. Çанталăк начар тăнă пирки катер команди ăçталла çул тытмаллине пĕлеймен, ăна Японин тинĕç хуралĕ тытса чарнă.

Киодо агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Японин генеральнăй прокурорĕ Сато августăн 22-мĕшĕнче: совет катерĕ Япони шывĕсем çине юри пырса кĕнĕ тесе калама çителĕклĕ таран сăлтавсем çук, тенĕ.

Апла пулсан та, Япони влаçĕсем совет катерĕпе унăн командине ирĕке кăлармалла тăвас тĕлĕшпе ку таранччен нимĕнле мера та йышăнман, катер командине нимĕн сăлтавсăр хуралласа тытса тăраççĕ.

# *Колхозсенчи спортсменсен Спартакиади*

Августăн 24—25-мĕшĕсенче Шупашкарта колхозсенчи спортсменсен республикăри спартакиади пулса иртрĕ. Спартакиадăна 24 районтан çĕршер спортсмен хутшăннă. Вĕсем çăмăл атлетика, велосипед спорчĕ, шывра ишес тата йывăр атлетика енĕпе ăмăртрĕç.

Спартакиада итогĕсем тăрăх командăсенчен Чкаловски район команди пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Ку команда велосипед спорчĕ енĕпе пĕрремĕш вырăна, çăмăл атлетикăпа—иккĕмĕш вырăна, йывăр атлетикăпа—виççĕмĕш вырăна, шывра ишес енĕпе—улттăмĕш вырăна тухрĕ, пурĕ 12 очко илчĕç.

Иккĕмĕш вырăнта—Улатăр районĕн команди, виççĕмĕш вырăнта—Хĕрлĕ Чутай районĕн команди. Хĕрлĕчутайсем çăмăл атлетика енĕпе спартакиадăра мала тухрĕç.

Хĕрарăмсем 100 метр ăмăртса чупрĕç. Çак дистанцие И. Антонова (Комсомольски) 13,4 секундра чупса тухса пĕрремĕш вырăна йышăнчĕ. Вăлах 400 метра 1 минут та 2,1 секундра чупса тухса ыттисене çĕнтерчĕ.

Виçĕ тĕрлĕ спорт енĕпе иртернĕ ăмăртура И. Антонова 1.400 очко илчĕ, чи малти вырăна йышăнчĕ. Иккĕмĕш вырăнта Т. Тихонова (Хĕрлĕ Чутай), виççĕмĕш вырăнта О. Мальцева (Вăрмар).

Арçынсенчен 100 метра Чкаловски районĕн представителĕ Р. Камалтдинов 11,9 секундра чупса тухса малти вырăна йышăнчĕ. Г. Яшмейкин (Хĕрлĕ Чутай) 12 секундра чупса тухрĕ.

Р. Камалтдинов çавăн пекех йĕтре тĕртес тĕлĕшпе те çĕнтерӳ турĕ, йĕтрене 11 метр та 53 сантиметр тĕртрĕ.

1.500 тата 5.000 метра хăвăрт чупса тухас тĕлĕшпе ăмăрту вăйлă пулчĕ. Çак ăмăртусенче Чкаловски районĕн представителĕ А. Улангин пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Иккĕмĕш вырăнта М. Дмитриев (Канаш).

Хĕрарăмсем 800 метр ăмăртса чупрĕç. Çак дистанцие О. Мальцева (Вăрмар районĕ) 2 минут та 32 секундра чупса тухрĕ. Иккĕмĕш вырăнта Первомайски районĕн представительници Ф. Кондратьева.

Йĕтре тĕртес тата диск ывăтас тĕлĕшпе хĕрарăмсенчен Г. Юрьева (Вăрмар) лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Вăл йĕтрене 9 метр та 26 сантиметр тĕртрĕ, диска 33 метр та 69 сантиметр ывăтрĕ. Çакă «Колхозник» спорт обществинче çĕнĕ рекорд пулчĕ.

Арçынсенчен диск ывăтас тĕлĕшпе Р. Камалтдинов пĕрремĕш вырăна тухрĕ, вăл 34 метр та 20 сантиметр ывăтрĕ.

Сăнă ывăтас тĕлĕшпе Г. Юрьевăпа (Вăрмар) Н. Павлова (Первомайски) хушшинче хĕрӳллĕ кĕрешӳ пулчĕ. Юрьева спортсменка сăнă 32 метр та 80 сантиметр ывăтса хăйпе ăмăртакана çĕнтерчĕ.

Чупса пырса çӳлелле сикес тĕлĕшпе арçынсенчен Шадиряков лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Вăл 155 сантиметр çӳлĕш сикрĕ. Çак спорт енĕпе хĕрарăмсенчен Н. Боровкова (Комсомольски районĕ) малти вырăна тухрĕ. Вăл çӳллĕшне 1 метр та 30 сантиметр, вăрăмăшне 4 метр та 30 сантиметр сикрĕ.

Пилĕк тĕрлĕ спорт енĕпе иртернĕ ăмăртура арçынсенчен 2.597 очко илсе Камалтдинов, иккĕмĕш вырăна Вăрмар районĕн представителĕ Сергеев йышăнчĕç. Виççĕмĕш вырăнта Яшмейкин.

Комсомольски районĕн представителĕ Н. Харитонов спортсмен ирĕклĕ стильпе 100, 200 тата 400 метр хăвăрт ишес тĕлĕшпе лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. 100 метра вăл 1 минут та 11,8 секундра, 200 метра 2 минут та 49,4 секундра, 400 метра—6 минут та 05 секундра ишсе тухса çак дистанцисенче республикăра çĕнĕ рекорд турĕ.

Хĕрарăмсем 100 тата 200 метр ирĕклĕ стильпе ишсе тухас тĕлĕшпе ăмăртрĕç. Кунта Л. Архипова (Комсомольски) çĕнтерчĕ, икĕ дистанцие те пуринчен малтан ишсе тухрĕ.

Велосипед спорчĕ енĕпе Çĕмĕрле районĕн представителĕ П. Бокарев лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Шоссе çулĕпе 50 километра вăл 1 сехет те 32 минут та 25 секундра чупса тухрĕ. 20 километрлă кроссра та вăлах мала тухрĕ. Иккĕмĕш вырăнта Хасянов (Первомайски).

Хĕрарăмсем велосипедпа 25 километр ăмăртса чупрĕç. Çак дистанцие Т. Порфирьева (Шупашкар районĕ) 55 минут та 20 секундра чупса тухрĕ. Иккĕмĕш вырăнта Чкаловски районĕн представительници В. Стеклова спортсменка.

Штанга çĕклес тĕлĕшпе В. Захаров (Канаш) пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Вăл 90 килограммлă штангăна хуллен çĕклерĕ, 110 килограмлă штангăна хăвăрт тĕртсе çĕклерĕ. Кувакино районĕн представителĕ С. Дунин çак ăмăртура иккĕмĕш вырăна тухрĕ.

М. Скворцов (Муркаш) икĕ патлă тараса пуканне хăрах алăпа 30 хутчен çĕклерĕ. Е. Иванов (Çĕрпӳ) тата В. Степанов (Советски)—29-шар хутчен çĕклерĕç.

Спартакиада итогĕсем тăрăх мала тухнă тата уйрăм спортсем енĕпе пĕрремĕш, иккĕмĕш, виççĕмĕш вырăнсене тухнă командăсене дипломсемпе кубка çӳрекен призсем панă.

Мала тухнă, лайăх тĕслĕх кăтартнă спартакиада участникĕсене дипломсемпе призсем панă. Уйрăмах паха тĕслĕх кăтартнă спортсменсене ВЛКСМ обкомĕн Хисеплĕ грамотисене парса наградăланă.

М. ЗЕФИРОВ,
спартакиадăн главнăй судьи.

ÿКЕРЧĔКСЕМ ÇИНЧЕ: «Колхозник» спорт обществин ăмăртăвĕнче мала тухнă И. Антонова, Г. Юрьева, В. Захаров (сулахайран сылтăмалла).
Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕсем.

# Ялсенче совет суту-илĕвне лайăхлатмалла

СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ совет суту-илĕвне малалла лайăхлатма кирлине палăртса хăварчĕ. СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ çакăн пек задача лартрĕ: çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче çĕршывра апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем çителĕклĕ таранах пулмалла тăвас пулать, кирлĕ таварсене пурне те кашни хулара, ялла кашни районта туянма май пултăр.

Суту-илĕве малалла лайăхлатас ĕçре потребсоюз системи пысăк вырăн йышăнса тăрать. Ялпо председателĕсен çак кунсенче пулса иртнĕ республикăри канашлăвĕ пĕрремĕш çур çулти ĕç итогĕсене тата малашнехи задачăсене сӳтсе яврĕ.

Пирĕн республикăри потребительсен кооперацийĕ пĕрремĕш çур çулти таварçаврăнăш планне: ваккăн сутмалли суту-илӳ енĕпе—105,1 процент, столовăйсемпе чайнăйсем енĕпе—96,5 процент тултарнă. Пĕрремĕш çур çулта, иртнĕ çулхи çав тапхăрпа танлаштарсан, халăха тавар 19 миллион тенкĕлĕх ытла сутнă. Анчах хăшпĕр райпотребсоюзсем (Улатăр, Октябрьски, Шупашкар т. ыт. те) плана тултарайман. 96 ялпопа горпоран плана пĕрремĕш кварталта—54 ялпо, иккĕмĕш кварталта 16 ялпо тултарман.

Ĕçсынисен пурнăçĕ лайăхланнă май, паллах ĕнтĕ, вĕсен ыйтăвĕсем те улшăнса, ӳссе пыраççĕ. Суту-илӳ работникĕсен ĕçсынисене мĕн кирлине тĕплĕн пĕлсе тăмалла, халăх мĕн ыйтнине вăхăтра тивĕçтермелле. Анчах республикăри суту-илӳ организацийĕсемпе планлакан организацисем халăха мĕн кирлине пĕлмеççĕ. Çавăнпа ĕнтĕ таварсене районсене валеçсе парас ĕçре пысăк çитменлĕхсемпе йăнăшсем пулаççĕ. Чылай чухне ĕçсынисем хăйсене куллен питĕ кирлĕ таварсене тупса илеймеççĕ.

Çак çулăн пуçламăшĕнче Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ялсенче суту-илӳ ĕçне лайăхлатасси çинчен сӳтсе явнă. Министрсен Совечĕ суту-илӳ, хатĕрлев, финанс ĕçĕсенче тата кадрсене суйласа илес тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пулнине палăртрĕ. Калас пулать, Чăвашпотребсоюз правленийĕ (председателĕ Балашов юлташ) палăртнă çитменлĕхсене вăраххăн пĕтерсе пырать.

Суту-илӳ работникĕсем хушшинче ĕç дисциплини çирĕп мар. Çавна пула ялпо уставне сĕмсĕррĕн пăсаççĕ, ялпо руководителĕсем тăтăшах улшăнса тăраççĕ.

Суту-илӳ ĕçĕнчи çитменлĕхсенчен пĕри вăл—магазинсемпе лавккасем чылай вăхăт хушши хупăнса тăни пулать. Сăмахран, Вăрнар районĕнчи Çĕн Мăлĕшри лавкка пĕр уйăх ытла ĕнтĕ ĕçлемест; апла пулин те, Кольцовкăри ялпо правленийĕ çак çитменлĕхе пĕтерме мерăсем йышăнмасть.

Торгплодоовощь системине пĕтерни хыççăн пахча çимĕçпе çĕрулми, çырласемпе кăмпа хатĕрлес ĕçсене пĕтĕмпех потребительсен кооперацийĕн туса пымалла. Кăçал ялхуçалăх продукчĕсем пĕлтĕрхинчен чылай ытларах хатĕрлемелле.

Анчах Чăвашпотребсоюзпа унăн вырăнсенчи организацийĕсем государствăшăн питĕ кирлĕ çак ĕçе тивĕçлипе хакламаççĕ. Иншей ялповĕ хатĕрлев планне нимĕнле продуктпа чĕртавар енĕпе те тултарайман. Çак районти Ишек ялповĕнче тата Шупашкар районĕнчи Кӳкеç, Иккасси ялповĕсенче хатĕрлев ĕçĕсем питĕ юлса пыраççĕ.

Калас пулать, канашлура та çĕрулми, пахча çимĕç вырнаçтарма овощехранилищĕсем, складсем тăвасси, тарасасем хатĕрлесси, кадрсем хатĕрлесси çинчен сахал каларĕç.

Чăвашпотребсоюз пĕрремĕш çур çулта услам илмелли плана иртерсе тултарнă. Анчах финанс ĕçĕнче çитменлĕхсем пур. Пай укçи пухмалли плана 77 процент çеç тултарнă. Хуçалăхри тăкаксене чакарас, ытларах тупăш илес, накоплени тумалли плана тултарас тĕлĕшпе потребительсен обществисем хăйсен мĕнпур резервĕсемпе усă курмаççĕ. Растратăсене тата государство пурлăхне тустаракансене хирĕç тивĕçлипе кĕрешни çук.

Елчĕк районĕнчи потребкоопераци работникĕсен пуçарăвĕпе республикăра таварçаврăнăш тата хатĕрлев планне тултарассишĕн, кооператици укçи-тенкипе пурлăхне типтерлĕ тыткалассишĕн социализмла ăмăрту сарăлса кайнă. Ăмăртăва пур райпотребсоюзсем те хутшăннă. Потребкоопераци системинче ĕçлекенсем çулталăкри тавар çаврăнăш планне 101 процент тултарма, планран иртерсе нумай тавар сутма обязательство илнĕ.

Анчах социализмла ăмăртăва ертсе пырас ĕçре çитменлĕхсем пур. Магазинсемпе лавккасенче ĕçлекенсен 80 процентне кăна ăмăртăва хутшăнтарнă. Вĕсем хăйсен обязательствисене пурнăçласа пымаççĕ. Çавна пула куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялава кăçал нихăш ялпона та пама май килмен.

Чăвашпотребсоюз малта пыракансен опытне ыттисем хушшине сарма тăрăшмасть. Вăл ялпо уставне тата кооператив йĕркисене вырăнсенче мĕнле пурнăçланине тĕрĕслемест.

Чылай ялпосен таварсем турттарас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пулаççĕ. Ку енĕпе Чăвашпотребсоюз правленийĕ вырăнти организацисене пулăшмасть. Ялпосем таварсене малтанах тӳрех базăсенчен кӳрсе кайнă, халĕ вара кун пек йĕркене Чăвашпотребсоюз правленийĕ пăрахăçланă. Ялпосем таварсене райпотребсоюз базисенчен кăна илме пултараççĕ. Вара нумай магазинсемпе лавккасенче халăха питĕ кирлĕ таварсем пулмаççĕ.

Магазинсемпе лавккасен хальхи шучĕ ĕçсынисен ӳссе пыракан ыйтăвне тивĕçтерме çителĕклĕ мар, вĕсенче нумайăшĕнче суту-илĕве культурăлла туса пыма та май çук. Муркаш районĕнчи Шаптак ялпо правленийĕн председателĕ Григорьев юлташ каланă тăрăх, ялпон икĕ магазинĕпе пĕр лавккине тĕпрен юсамалла. Анчах укçа-тенкĕ те, строительство материалĕсем те çук. Райпотребсоюз ялпона пулăшмасть.

— Чăвашпотребсоюз базисем, — тет В. Григорьев юлташ,—таварсем уйăрса панă чухне халăха мĕн кирлине тата ялпосем мĕн ыйтнине шута илмеççĕ. Çакă вăл акă мĕнрен курăнать: пирĕн ялпона сĕт сумалли витресем 1.940 штук пачĕç. Ку вăл кашни хуçалăха икшер витре тивет.

Çĕрпӳ горповĕн председателĕ Корсаков юлташ Чăвашпотребсоюз правленине кадрсене вĕрентсе воспитани паманнишĕн критиклерĕ.

Канашлура партин обкомĕн администрацине хуçалăх пайĕн заведующийĕн заместителĕ Зайцев юлташ суту-илӳ ĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен тата вĕсене пĕтермелли майсем çинчен каларĕ.

## Вăтам шкул уçăлать

ИЕПРЕÇ. Çĕнĕ Чураш ялĕнче халиччен çичĕ çул вĕренмелли шкул кăна пулнă. Кăçалтан пуçласа кунта вăтам шкул ĕçлеме пуçлать. Çĕнĕ вăтам шкул валли çурт уйăрса панă. Ку районта тăваттăмĕш вăтам шкул пулать.

И. ТИХОНОВ.

## Кĕскен

ОКТЯБРЬСКИ. Районта магазинсемпе лавккасен хисепĕ çултан-çул ӳссе пырать. Нумаях пулмасть Октябрьски ялповĕ район центрĕнче дежурнăй çĕнĕ магазин уçрĕ. Халĕ кунта раймаг, чайнăй, закусочнăй тата тĕрлĕрен 6 магазин ĕçлет.

В. ТРОФИМОВ.

ШĂХАСАН. «Дружба» колхозри Е. Титова письмоносеп хăйне шанса панă ĕçе юратса тăвать. Кăçал вăл тăватă пин тенкĕлĕх хаçат-журнал сарнă. Çапла вара яла 300 экземпляр хаçат-журнал килсе тăрать.

Х. ГОРДЕЕВ.

## Çĕнĕ радиоузел

КОМСОМОЛЬСКИ. Радиофикациленĕ колхозсен шучĕ ӳссех пырать. Иртнĕ ик-виçĕ çул хушшинче Молотов ячĕпе, Жданов ячĕпе, Калинин ячĕпе, «Красная звезда», «Гигант», Ленин ячĕпе тăракан колхозсене радиофикациленĕ.

Çак кунсенче «Заветы Ильича» колхозра та радиоузел туса пĕтерчĕç. Халĕ районти 26 колхозран 10 колхозра радиоузел пур.

Л. ТАЛЛЕРОВ.

Редактор заместителĕ
М. Н. ЯКИМОВ.

### КИНО

«РОДИНА»—августăн 29-мĕшĕпе 30-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Киносборник № 35», 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланакан сеанссенче «Ангел в отпуске».

«УДАРНИК»—августăн 29-мĕшĕпе 30-мĕшĕнче «Кето и Котэ».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09331.

Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Тираж 20,000 экз.